ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Январь 15
ВЫРСАРНИКУН
№ 11 (9690)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсем

Çитес кунсенче, январĕн 20-мĕшĕнчен пуçласа, кашни колхозрах отчетлă пухусем пулса иртмелле. Çав пухусенче колхозниксемпе колхозницăсем артельсен 1955 çулхи ялхуçалăх ĕçĕсен итогĕсене пăхса тухаççĕ, çĕнĕ çулта тумалли ĕçсене палăртаççĕ. Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ тăрăх суйлав срокĕ çитнĕ çĕрте çав пухусенчех правленипе ревизи комиссийĕн членĕсене çĕнĕрен суйлаççĕ. Çапла вара отчетпа суйлав пухăвĕсем колхозлă ял пурнăçĕнче политикăлла тата хуçалăхла пысăк ĕç пулса тăраççĕ.

Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ—ялхуçалăх артелĕн чи аслă органĕ. Отчетпа суйлав пухăвĕсенче артель членĕсен активлăхĕ пиçсанхинчен вăйлăрах пулмалла. Пухусем критикăпа самокритикăна анлăн сарнă условисенче, политикăлла çӳлĕ пусăмра пулса иртмелле. Çавăнпа та çулталăкра пĕрре пулса иртекен отчетлă тата икĕ çулта пĕрре пулса иртекен отчетпа суйлав пухăвĕсене ирттерме пур енчен те тĕплĕн хатĕрленни кирлĕ.

1955 çулта Куславкка, Ишлей, Çĕмĕрле тата ытти хăшпĕр районсенче отчетпа суйлав пухăвĕсене ирттерессине ытла вăрăм срока тăсăлнă. Хăшпĕр колхозсенче пухусем колхоз членĕсен виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ пухăнмасăрах пулса иртнĕ. Çакă вăл колхоз демократипе пăсни пулать. Кăçал çавăн пек çитменлĕхсем нихăш колхозра та пулмалла мар. КПСС райкомĕсемпе райисполкомсен тата МТС директорĕсен колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсене йĕркеллĕ ирттерме колхоз руководителĕсене конкретлăн пулăшмалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ тĕштырă туса илес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас тĕлĕшпе решени йышăннăранпа çулталăк тултарать. Çавăнпа колхозсен иртнĕ çулхи ĕçĕсене чи малтанах январьти Пленум лартнă задачăсене мĕнле пурнăçланине кура хакламалла. Пухусенче тăвакан отчетсенче Центральнăй Комитетăн Пленумĕсем йышăннă решенисене кашни колхоз мĕнле пурнăçласа пыни çинчен тĕплĕн чарăнса тăмалла. Çавăнпа пĕрлех ялхуçалăх енĕпе парти лартнă задачăсене пурнăçласа çитерме çитес çывăх вăхăтра мĕн-мĕн тумаллине тата обществăлла пурлăха хăвăртрах ӳстерме май паракан резервсене те туллин кăтартса парас пулать.

Колхозри ĕçсене тĕрĕссĕн кăтартакан, çитменлĕхсене хăюллăн палăртса çырса хатĕрленĕ отчет çеç колхозниксен активлăхне вăйлатма, ĕçри çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме мобилизацилеме пулăшать. Малта пыракан колхозсем кашни районтах пур. Вĕсем ыттисенчен вăйлăрах тырпул туса илеççĕ, выльăх-чĕрлĕхрен илекен продукци те пысăкрах. Отчетра колхоз ĕçне малта пыракан колхозсен ĕçĕсемпе танлаштарса кăтартни питĕ усăллă. Пухура тунă отчетлă докладра правлени ĕçне, бригадирсемпе уйрăм работниксен ĕçĕсене тишкерсе тивĕçлĕ хак памалли, цифрăсем çинче çеç чарăнса тăни пулмалла мар, мĕншĕн тесен ун пек доклад никама та хумхантармĕ, колхозниксен кăмăлне тивĕçтереймĕ.

Отчетлă пухăва хатĕрлес ĕçре колхозсенчи ревизи комиссийĕсен задачи пысăк. Отчетлă пуху умĕн çав комиссисен правленисен финанспа хуçалăх ĕçĕсене тĕрĕслесе тухмалла, колхоз пурлăхне инвентаризацилемелле, парăмпа илӳ расчечĕсене, колхозниксен ĕçкунĕсене мĕнле çырса пынине тĕрĕслемелле. Хăйĕн ĕçĕсем çинчен ревизи комиссийĕн те пухура отчет туса памалла, çитменлĕхсене уçса кăтартмалла.

Машина-трактор станцийĕсем ялхуçалăх производствинче тĕп вăй пулса тăчĕç. Колхоз уй-хирĕнчи ĕçсене халĕ пĕтĕмпе тенĕ пекех МТС машинисемпе тăваççĕ. Çавăнпа колхоз производстви вăйланасси МТС хăйĕн пысăк тивĕçне мĕнле пурнăçланинчен нумай килет. Отчетлă пухусенче кашни колхозрах МТС представителĕн отчетне те итлесе сӳтсе явмалла. Калас пулать, хăшпĕр МТС-сем колхозсемпе тунă договорсене вăхăтра пурнăçлама тăрăшмаççĕ. Çавăн пирки час-часах тырпул сахал пулать. Тĕслĕхрен, Шăмăршă МТС-ĕ иртнĕ çулта мĕн пурĕ те виçĕ колхозра çеç çĕртме сухине срокра сухаланă, кĕрхи тырăсене 35 кун таранччен кая юлса акнă. Отчетлă пухусенче МТС-сен ĕçĕнчи çитменлĕхсене критиклесе, малашне механизаторсен ĕçне лайăхлатмалли майсене кăтартса парас пулать.

Отчетпа суйлав пухăвĕсем колхозсен паянхи ĕçĕсемпе çыхăнмасăр иртме пултараймаççĕ. Çураки ĕçĕсене хатĕрленес, обществăлла выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарас тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче продукци туса илессине кунран-кун ӳстерсе пырас пирки çивĕч калаçу пулмалла.

Халĕ çуракине çине тăрсах хатĕрленмелле. Кашни колхозăн хăйне кирлĕ таран вăрлăх пултăр. Ăна лайăх тасатса хумалла, тĕплĕн сыхласа усрамалла. Уйрăмах вырăнти удобренисем хатĕрлес ĕçе вăйлатас пулать. Республикăра удобренисемпĕн кĕрешесси кăçал пĕтĕм халăх кĕрешĕвĕ пулса тăтăр. Çавăнпа пĕрлех отчетлă пухусенче кукуруза акса тăвас ĕçре иртнĕ çулта пулнă йăнăшсене палăртса, кăçал пысăк тухăçлă кукуруза туса илмелли майсене палăртмалла. Чылай колхозсен халĕ те экономики çирĕп мар, вĕсенче ĕç дисциплинини начар. Пухусенче колхозсен обществăлла пурлăхне ӳстермелли çĕнĕ майсем тупса палăртмалла. Колхоз членĕсене колхозра лайăх ĕçленĕшĕн пурлăх енчен хавхалантарса пымалла, ку вăл ĕç дисциплинине çирĕплетме пулăшать.

Иртнĕ çулсенче колхозсен отчетлă пухăвĕсенче КПСС райкомĕсен секретарĕсемпе райисполкомсен председателĕсем тата ертсе пыракан ытти работниксем пулчĕç. Районсенчи парти тата совет организацийĕсенче ĕçлекен актив кăçал та колхоз правленийĕсене отчета лайăх хатĕрлеме, отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсене çӳлĕ пусăмра ирттерме пулăшмалла.

Артеле ертсе пыракан органсене—колхоз председательне, правленипе ревизи комиссине суйласси çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла. Ертсе пыракан ĕçлĕ вырăнсене колхозниксене килĕшмен çынсене суйлама сĕнни пулмалла мар. Артеле ертсе пырас ĕçе суйласа лартма палăртнă кашни кандидатура çинчен пур енчен те тĕплĕн сӳтсе явмалла. Çавăн пек чухне çеç тивĕçлĕ çынна, артель хуçалăхне ертсе пыма пултаракан çынна, суйлама пулать. Çав хушăрах кирлĕ мар çĕртенех колхоз председательне улăштарма хăтланни те тĕрĕс мар. 1954 çулта республикăра ялхуçалăх специалисчĕсемпе ертсе пыракан работниксенчен пурĕ 92 çынна колхоз председателĕ пулса ĕçлеме янă. 1955 çулта вăтăр пин шучĕпе кайма килĕшнисенчен 233 çынна колхоз председательне янă. Вĕсенчен нумайăшĕ иртнĕ çулхи ĕçре хăйсен пултарулăхне кăтартрĕç, колхоз производствине вăйлатма пулăшрĕç. Анчăх пурне пĕр çулхи е унтан та сахалрах вăхăтри ĕçсемпе хаклама çук. Хăшпĕрисем çав вăхăтра пысăк ӳсĕм тăваймарĕç пулин те, вĕсем çинчен васкавлăн вывод туни, председателе улăштарасси çинчен ыйту лартни тĕрĕс пулмасть. Паллах пултарусăр, малалла та шанчăк паман, ĕçре колхозниксен шанăçне пачах çухатнă председателе никам та тепĕр срока хăварас çук.

Отчетлă тата отчетпа суйлав пухăвĕсене политикăлла çӳлĕ пусăмра ирттерни колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетме, ялхуçалăхне хăвăрт çĕклентерме колхозниксене мобилизацилеме пулăшĕ.

# Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ

Ĕнер, январĕн 14-мĕшĕнче, облаçри парторганизацин конференцийĕнче КПСС обкомĕн отчетлă доклачĕ тата ревизи комиссийĕн отчетлă доклачĕ тăрăх пренисем малалла пынă.

Пренире çак юлташсем тухса каланă: **Трофимов**—КПСС Вăрнар райкомĕн секретарĕ, **Сомов**—Чăваш АССР Финанс министрĕ, **Иванов**—КПСС Етĕрне райкомĕн секретарĕ, **Ерланов**—Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, **Хромов**—КПСС Куславкка райкомĕн секретарĕ, **Михайлов**—Шупашкар хулинчи автотранспорт кантурĕн начальникĕ, **Егорова**—Çĕрпӳ районĕнчи Уйкас ял Совечĕн председателĕ, **Семенов**—Октябрьски районĕнчи «Дружба» колхоз председателĕ, **Ямпольский**—Канаш хула Совечĕн исполкомĕн председателĕ, **Кремчунов**—Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, **Прокопьев**—КПСС Калинино райкомĕн секретарĕ, **Корабельников**—КПСС обкомĕн секретарĕ.

Ун хыççăн КПСС обкомĕн секретарĕ Ислюков юлташ юлашки сăмах тухса каланă.

Конференци КПСС обкомĕн ĕçне вăтам тесе хак пачĕ, доклад тăрăх решени йышăнчĕ тата ревизи комиссийĕн отчетне çирĕплетрĕ.

КПСС обкомĕн, ревизи комиссийĕн çĕнĕ составне суйланă хыççăн, конференци Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне кайма делегатсем суйланă.

Конференци хăйĕн ĕçне вĕçленĕ. Делегатсем парти гимнне «Интернационал» юрланă.

Конференци ĕçĕ çинчен тĕплĕн çырнă отчет «Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕсенче пулать.

## Çĕнĕ шахтăсем

ТБИЛИСИ, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Республикăри çӳлĕ сăртсем çинче çĕр кăмрăк кăларнă çĕрте—Ткварчелире çĕнĕрен улттăмĕш номерлĕ шахта ĕçе янă.

Кăçал Грузире тата тепĕр çĕнĕ шахта ĕçлеме пуçлать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра республикăра сакăр шахта тума палăртнă.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### СССР ÇĔР КĂМРĂК ПРОМЫШЛЕННОСТЬ МИНИСТЕРСТВИН «КУЗБАССУГОЛЬ» КОМБИНАЧĔН И. В. СТАЛИН ЯЧĔПЕ ТĂРАКАН ШАХТИНЕ ЛЕНИН ОРДЕНĔПЕ НАГРАДĂЛАССИ ÇИНЧЕН

Ĕçлеме пуçланăранпа çирĕм çул çитнĕ май тата халăх хуçалăхне коксланакан çĕр кăмрăкĕ парса тăрас тĕлĕшпе тава тивĕçлĕ пысăк ĕçсем тунăшăн СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерствин «Кузбассуголь» комбиначĕн И. В. Сталин ячĕпе тăракан шахтине Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль.
1956 çулхи январĕн 13-мĕшĕ.

## Иран парламенчĕн делегацийĕ Мускавран тухса кайни

Январĕн 13-мĕшĕнче Иран парламенчĕн делегацийĕ, тăван çĕршывалла çул тытса, Мускавран Баку хулине тухса кайнă. Делегацие Иран сеначĕн ют çĕршыв ĕçĕсен комиссийĕн председателĕ Мохаммед Саед господин ертсе пырать.

Иранпа Совет Союзĕн государство ялавĕсемпе илемлетнĕ Внуковăри аэродромра делегацие çаксем ăсатса янă: СССР Верховнăй Совечĕн Национальноçсен Совечĕн Председателĕ В. Т. Лацис, СССР Верховнăй Совечĕн Союз Совечĕн Председателĕн заместителĕ А. А. Лебедев, СССР министрĕсем М. А. Евсеенкăпа А. А. Ишков, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕн заместителĕ А. Ф. Горкин, СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем Ф. Д. Кулаков, В. Г. Блаженов, И. А. Каиров, Д. Расулов, РСФСР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем Н. И. Смирновпа А. С. Болдырев, совет пичечĕн представителĕсем.

Делегацие çавăн пекех Иранăн СССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Г. Ансарипе посольство сотрудникĕсем ăсатса янă.

Аэродромри микрофон умĕнче сăмах тухса каласа, делегаци пуçлăхĕ Мохаммед Саед господин ССР Союзĕнче делегаци членĕсене чун-чĕререн хапăл туса, туслăн йышăннине паллă тунă. Вăл Иран парламентарийĕсем Совет Союзне килсе курни Иран халăхĕпе совет халăхĕ хушшинче туслă çыхăнусене аталантарма пулăшассине шанса тăни çинчен каланă. Юлашкинчен М. Саед господин Совет çĕршывне мирлĕ ĕçре тата пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă суннă.

Ăна ответлесе Национальноçсен Совечĕн Председателĕ В. Т. Лацис çапла каланă:

— Эпĕ çакна шанса тăратăп: эсир пирĕн çĕршывпа паллашни Совет Союзĕпе Иран пĕр-пĕрне ăнланса ĕçлесе пурăнассине лайăхлатма пулăшĕ, Иран правительстви тата халăхĕ хăйсемпе Совет Союзĕ хушшинчи çыхăнусене туслăн тата ырă кӳршĕлле йĕркелесе пыма шутлани çинчен эсир тунă заявленисем пирĕн çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене малалла аталантарас ĕçре палăрĕç, тетĕп.

Делегаци членĕсенчен В. Т. Лацис Иран халăхне хĕрӳллĕ салам калама тата ырă сунма ыйтнă. (ТАСС).

## Чугун çул платформисене хăвăрт юсаççĕ

Мускаври Лихоборти вагонсен деповĕн цехĕсенче икĕ тĕнеллĕ вагонсене кăна юсанă. Январĕн 1-мĕшĕнче коллектив тăвата тĕнеллĕ платформăсем тата витнĕ вагонсем юсама задани илнĕ. Çакна пурнăçлама технологи процесĕсене урăхлатса çĕнетмелле пулнă. Организацилле-техникăлла ĕçсене малтанах туса ирттернипе технологи процесĕсене хăвăрт урăхлатса çĕнетнĕ. Халĕ производство программине ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ. Çĕнĕ çул пуçланнăранпа депо чугун çул валли тăвата платформа юсанă. Çав платформăсене тĕпрен юсама тăвата талăк кирлĕ пулсан, вĕсене виçĕ талăкрах юсаса пĕтернĕ.

Узел меслечĕпе усă курни ĕçе чылай хăвăртлатнă. Çав меслетпе юсанă чухне платформăн хăшпĕр пайĕсене малтанах хатĕрлесе хунă. Унтан вĕсене сборочнăй цехра рама çинче пухнă.

Депори нумай рабочисем, КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вахтине тăрса, нормăна чылай ирттерсе тултараççĕ. Токарь Харитонов, сборочнăй цехри слесарьсем Мальцевпа Завьялов, автотормозсемпе автосцепсем юсанă çĕрте ĕçлекен рабочисем Тишинпа Алексеев юлташсем, столярсем Киткинпа Павлов тăвата тĕнеллĕ платформăсем юсанă çĕрте сменăри нормăна 200 процент таран тултараççĕ.

Çак кунсенче сборочнăй цехри рабочисем 1955 çулхи ĕç итогĕсене пăхса тухнă, çĕнĕ социализмла обязательствăсем илнĕ. Çĕнĕ çулхи малтанхи кунсенчи опыта тата усă курман резервсене шута илсе, депо коллективĕ январь уйăхĕнче планран ирттерсе пилĕк вагон юсама, ĕçсен хăйне ларакан хакне йӳнетме палăртнă.

(ТАСС).

# Тăван çĕршывра

## Уралмашзавод коллективĕн социализмла çĕнĕ обязательствисем

СВЕРДЛОВСК, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Уралмашзавод коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла çĕнĕ обязательствăсем илнĕ. Январьпе февраль уйăхĕсенче заданирен ирттерсе 5 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларма, ĕç тухăçлăхне икĕ процентран кая мар ӳстерме, машинăсемпе агрегатсен хăйне ларакан хакне йӳнетнипе пĕр миллион çурă тенкĕ, новаторсен рационализаторла сĕнĕвĕсене ĕçе кĕртнипе 6,5 миллион тенкĕ укçа перекетлеме йышăннă.

Халĕ машиностроительсем машинăсем нумайрах туса кăларас, çĕнĕ йышши агрегатсем тума вĕренсе çитес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ.

Заводри цехсемпе участоксенче оборудованипе çĕнĕлле майлаштараççĕ, çĕнĕрен пысăк станоксем вырнаçтарса лартаççĕ. Оборудовани хăватне ӳстерме тăрăшаççĕ. Нумай тонна таякан детальсем тунă çĕрте 40 станок çинче заводри В. Серебровский инженер сĕннĕ резецсемпе усă кураççĕ. Çакă вăл ĕç тухăçлăхне 30 процент ӳстерме май панă, детальсене шăратса çыпăçтарнă çĕрте автоматсемпе тата çурма автоматсемпе усă кураççĕ. Тимĕрçĕпе пресс цехĕнчи тата фасонлă хурçă туса кăларакан цехри чылай ĕçсене механизациленĕ.

Çав ĕçсене туни производствăна хăвăртлатма нумай пулăшнă. Предприяти кашни кунах декабрьтине танлаштарсан вунăшар пин тенкĕлĕх продукци ытларах туса кăларать. Ĕçсем пĕр тикĕс пулса пыраççĕ. Çĕнĕ çулта завод Тăван çĕршыва тĕрлĕ вырăнĕсене хатĕр продукци нумай ăсатнă.



Ленинград. «Севкабель» заводра пысăк вольтлă лаборатори ĕçе кĕнĕ, ăна чи çĕнĕ техникăпа туса лартнă. Халĕ ĕнтĕ пур йышши кабельсен чăтăмлăхне те тĕрлĕ напряжени енĕпе заводрах тĕрĕслеме тата тĕпчесе сăнама пултараççĕ, çакна тума аппаратурăпа кабельсене ток яраççĕ, унта напряжени 420 пин вольта çитет.
В. Капустин фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Пушкăрт республикинчи нефтяниксен ĕçри çĕнĕ çитĕнĕвĕсем

УФА, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Çанталăк сивĕ тăрать. Сивĕ пирки операторсен ĕç условийĕсем йывăрланнă. Çапах та Пушкăрт республикинчи нефтяниксем партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртура çĕнĕ те çĕнĕ çитĕнӳсем тăваççĕ.

Январь уйăхĕн малтанхи вунă кунĕнче «Башнефть» пĕрлешĕвĕн промыслисенче планран ирттерсе çĕршер тонна нефть кăларнă. «Октябрьнефть» управленийĕн промыслисем пурте, çавăн пекех «Туймазанефть» управленийĕн нумай коллективĕсем талăкри заданисене тăтăшах ирттерсе тултараççĕ.

Çĕнĕ нефть промыслисен «Аксаковнефть» управленийĕн коллективĕсем пысăк çитĕнӳ тунă. Çак управлении çĕнĕ промыслисем çулталăк пуçланнăранпа планран ирттерсе кашни талăкрах вунпĕр тонна нефть кăлараççĕ.

## КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăсене срокчен пурнăçланă

Калининград облаçĕнчи Пĕрремĕш Славск МТС-ĕ 1955 çулта тракторпа тумалли ĕçсен планне 132 процент тултарнă. Кăçал вăл çĕнĕ çитĕнӳсем тунă. МТС коллективĕ тракторсене, вĕсенчен кăкарса ĕçлемелли машинăсене облаçра пуринчен малтан юсаса пĕтернĕ, съезд умĕн илнĕ обязательствăсене срокчен пурнăçланă.

Халĕ механизаторсем нумайăшĕ МТС-ран колхозсене кайнă, ялти ĕçченсене удобренисем, строительство йывăçĕ, выльăх апачĕ турттарма, вăрлăха акма хатĕрлеме тракторсемпе ĕçлесе пулăшаççĕ. Темиçе бригада выльăх-чĕрлĕх фермисене механизацилес тĕлĕшпе ĕçлет. (ТАСС).

## Сухалакан çĕрĕн 100 гектарĕ пуçне 139 центнер сысна ашĕ

Краснодар крайĕнчи Гулькевичи районĕнчи ăратлă сысна ĕрчетекен «Венцы—Заря» совхоз-завод—лайăх организациленĕ пысăк хуçалăх. Унта ĕçлекенсем йышлах мар пулсан та, çулсеренех 6 пин сысна ытла пăхса ӳстереççĕ. Кашни свинарка 15—20 ама пăхать. Вĕсен çурисене те, 5 уйăх тултариччен, çав свинарках пăхса ӳстерет.

Çакна ăна совхозри йывăр ĕçсене лайăх механизациленипе тунă. Фермăсенче сыснасем валли апата кормоцехсенче хатĕрлеççĕ, фермăсенчи тĕрлĕ транспортпа усă кураççĕ.

Выльăх апатне вырăнтах кирлĕ чухлĕ туса хатĕрленипе, селекци ĕçне лайăх йĕркелесе янипе пула сыснасен пахалăхне нумай ӳстернĕ. Кунта сысна аçи, вăтам шутпа илсен, 380 килограмм, ами вара 275 килограмм таять. Вĕсем хăвăрт ӳссе çитĕнеççĕ. Сысна амисем çăвăрламассеренех 12-шер—18-шар çура туса параççĕ.

Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкинче çак совхоз продукцине пысăка хурса хакланă: 1954 çулта «Самоучка» ятлă сысна аçине, 1955 çулта вара—«Лафет» ятлă аçапа «Тайга» ятлă амана ăрат чемпионĕн ятне панă.

Кунта сыснасенчен илекен продукци çултан-çул ӳссе пырать: иртнĕ çул кашни амаран 22,2-шер çура илсе пăхса ӳстернĕ. Сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 139-шар центнер сысна ашĕ илнĕ. Кăçал ăратлă сысна совхозĕ-заводĕ кашни амаран 25 çура, сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 150 центнер сысна ашĕ илессишĕн кĕрешет.

## Кукуруза акмалли çĕр лаптăкĕсене пысăклатаççĕ

Астрахань облаçĕнчи Наримановски районта кукуруза акса тăвассине малалла вăйлатас тĕлĕшпе канашлу ирттернĕ.

Иртнĕ çул районти колхозсем малтанхи хут 1.100 гектар çине кукуруза акнă. Ăна лайăх сухаласа çемçетнĕ, тислĕкпе минераллă удобренисем çителĕклĕ кăларнă çĕр çине акса, кукуруза уйĕсене шăварса тăрса, нумай ялхуçалăх артелĕсем гектартан 80—100-шер центнер кукуруза пуçĕсем, 120-шер центнер ытла кукуруза туни-çулçи пухса кĕртнĕ. Çу варринчех колхозсем выльăх-чĕрлĕхе симĕс кукурузăпа тăрантарма пуçланă. Çакна пула кашни ĕнерен çулталăкра суса илекен сĕт вăтам шутпа 217 литр ӳснĕ. Кукуруза силосĕпе тăрантарнă пирки юлашки виçĕ уйăх хушшинче кашни ĕнерен, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, икĕ хут нумайрах сĕт суса илнĕ.

Районти колхозсем кукуруза акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене чылай ӳстереççĕ. Уйхире çĕршер тонна тислĕк кăларнă, халĕ юр тытаççĕ. Вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хунă.

Наримановецсем партин XX-мĕш съездне чысласа, кукуруза акма кăтартуллăн хатĕрленсе çитессишĕн облаçри мĕнпур колхозсене ăмăртăва тухма чĕннĕ. (ТАСС).



Сталинградри трактор заводĕ Инди валли «ДТ-54» маркăллă гусеницăллă 40 трактор туса хатĕрленĕ.
Ӳкерчĕк çинче: «ДТ-54» тракторсене Индие яма хатĕрлеççĕ.
А. Маклецов фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### ЭСТОНИРИ ГОРНЯКСЕН ĔÇРИ ÇИТĔНĔВĔСЕМ

КОХТЛА-ЯРВЕ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Эстонири горняксем КПСС XX-мĕш съездне производствăна лайăхлатас ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илеççĕ.

Паян «Кява» шахтинче механизациленĕ çĕнĕ, тăваттăмĕш участока срокчен икĕ эрне маларах ĕçе янă. Çакна май талăкра халиччехинчен 480 тонна нумайрах сланец кăларма тытăннă.

Ĕнер «Кукрусе» шахтинчи горняксем кăçал планран ирттерсе кăларнă виççĕмĕш эшелон сланец тиесе янă. Съезд умĕнхи ăмăртура кунта сăрт-ту механизмĕсен ĕç тухăçлăхне планра кăтартса панинчен чылай ытларах ӳстернĕ.

### ШИРМАНОВ ФРЕЗЕРОВЩИК ĂНĂÇЛĂ ĔÇЛЕТ

НИЖНИЙ ТАГИЛ, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Уралвагонзаводра ĕçлекен фрезеровщик Николай Ширманов пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра 27 çулталăк нормине тултарнă. Çак пысăк çитĕнĕве вăл темиçе станокпа ĕçленипе, техникăна тата производство технологине пĕрмаях лайăхлатса пынипе тунă. Юлашки пилĕк çул хушшинче унăн рационализаторла нумай сĕнĕвĕсене пурнăçланă. Çак сĕнӳсем çулталăкра çĕршер пин тенкĕ перекетлеме май параççĕ.

Иаллă фрезеровщик кăçалхи çур çул нормине партин XX-мĕш съезчĕ тĕлне тултарма сăмах панă. Çак обязательствăна вăл ăнăçлă пурнăçласа пырать. Ширманов кашни кунах сменăри заданисене 4—5 хут ирттерсе пурнăçлать. Малта пыракан фрезеровщик хальхи вăхăтра январьти заданирен ирттерсе детальсем туса хатĕрлет.

### «ЛЕНИНГРАД ИСТОРИЙĔ»

Январĕн 10-мĕшĕнче СССР Наука академи издательствин Ленинградри уйрăмĕ «Ленинград историйĕн очеркĕсен» пĕрремĕш томне пичетлесе кăларнă. Çак ĕçе СССР Наука академийĕн истори институчĕ организациленĕ. Унта хулан экономика, обществăпа политика тата культура тĕлĕшĕнчи пурнăçĕн чи паллă тапхăрĕсене çутатса панă.

Пĕрремĕш том материалĕсем феодализм саманинчи Петербург историне, унăн никĕсне хывнăранпа Российăра крепостной правăна пăрахăçа кăларнă вăхăт хушшинчи тапхăра çутатса параççĕ. Кĕнекере авалхи хула мĕнлерех пулнине кăтартакан ӳкерчĕксемпе карттăсем нумай.

Очерксем пурĕ тăвата том пулаççĕ. Вĕсен юлашки кĕнеки социализмла Ленинград историне кăтартса памалла. (ТАСС).

### АСТРАХАНЬ ÇЕÇЕНХИРĔСЕНЧИ ВĂРМАНСЕМ

Иртнĕ пилĕкçуллăхра Астрахань çеçенхирĕсенче 7.350 гектар çине вăрман ӳстерме йывăç лартнă. Атăлăн икĕ çыранĕ тăрăх Саратовпа Астрахань хулинче государствăн уй-хире шăрăхран хӳтĕлеме лартнă вăрман тăрăх 200 километр ытла тăсăлса выртать. Йывăçсем 3 метр çӳлĕш ӳснĕ.

Облаçри вăрман ĕрчетекенсем суркунне ĕçсене тума активлă хатĕрленеççĕ. Кĕркунне йывăçсем лартнă участоксенче юр тытаççĕ. Кăçал татах 1.900 гектар çине вăрмансем лартаççĕ. Хăйăрсене çирĕплетме 3,5 пин гектар çине сĕлĕ акмалла.

Суркунне вăрман питомникĕсенче пирвайхи хут ĕнтĕ сарă хурлăхан, алыча, кизил акаççĕ. «Пекан» мăйăр вăрлăхĕ тупнă. Атăлпа Ахтуба тăрăхĕнчи лапамлă çарансенче тата Атăл тинĕсĕ юхса тухас умĕн темиçе авăра уйрăлнă вырăнта çак мăйăр йывăççисене нумай лартса ӳстерме палăртаççĕ. (ТАСС).

# КПСС XX-мӗш СЪЕЗЧӖ ЯЧӖПЕ

## Сӗрпӳ районӗнчи выльӑх-чӗрлӗх фермисенче ӗҫлекенсем Куславкка, Сӗнтӗрвӑрри, Тӑвай, Элӗк, Сӗнтӗр, Канаш, Советски, Октябрьски, Чурачӑк, Вӑрмар, Хӗрлӗ Чутай, Красноармейски районӗсенчи дояркӑсемпе выльӑх пӑхакансене, сӗт-ҫу фермисен заведующийӗсене, ялхуҫалӑх специалисчӗсене, колхоз председателӗсемпе пуҫламӑш парторганизаци секретарӗсене

## ЧӖНСЕ КАЛАНИ

Хаклӑ юлташсем!

Пирӗн ҫӗршывра Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX-мӗш съезчӗ умӗнхи пӗтӗм халӑхӑн социализмла ӑмӑртӑвӗ анлӑн сарӑлса кайрӗ. Ҫӗршыври кашни рабочипе работница, колхозникпа колхозница, ҫак ӑмӑртӑва хастаррӑн хутшӑнса, ӗҫре ҫӗнӗ ҫитӗнӳсем туни, хамӑрӑн тӑван Коммунистсен партийӗн съезчӗ уҫӑлакан куна чыслӑн кӗтсе илни хӑйӗн патриотла тивӗҫӗ тесе шутлать.

Эпир, Ҫӗрпӳ районӗнчи выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем, КПСС XX-мӗш съезчӗ умӗн социализмла ӑмӑрту сароа ярасси ҫинчен Кольцовка колхозникӗсем чӗнсе каланине ырласа, съезд уҫӑлнӑ кун тӗлне кашни ӗнерен 550 килограмм сӗт суса илме, 1.500 пуҫ сысна самӑртма пулса обязательствӑсем илтӗмӗр. 1956 ҫулхи январӗн 10-мӗшӗ тӗлне районти колхозсем кашни ӗнерен 300-шер килограмм ытла сӗт суса илнӗ. Съезд уҫӑличчен юлнӑ кунсенче тата 250-шар килограмм суса илмелле. Ҫине тӑрса ӗҫлесен эпир хамӑрӑн обязательствӑсене чыслӑн пурнӑҫлама пултаратпӑр. Хӑшпӗр колхозсемпе дояркӑсем ӑна пурнӑҫланӑ та ӗнтӗ. Акӑ, Хрущев ячӗпе тӑракан колхоз виҫӗ уйӑх хушшинче кашни ӗнерен 649 килограмм, Сталин ячӗпе тӑракан колхоз 583 килограмм, «Новая жизнь» колхоз 443 килограмм, Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз 336 килограмм суса илчӗҫ. Ҫак хушӑра М. Петрова доярка хӑйне ҫирӗплетсе панӑ кашни ӗнерен 860 килограмм, Р. Кузьмина—817 килограмм, Т. Филиппова—730 килограмм, Е. Антонова—716 килограмм сӗт сунӑ.

Район сыснасем самӑртас тӗлӗшпе илнӗ обязательствӑна ирттерсе тултарчӗ. 1956 ҫулхи январӗн 1-мӗшӗ тӗлне, е виҫӗ уйӑх хушшинче, 1.717 сысна самӑртнӑ, кашнин чӗрӗ виҫи вӑтамран 83-шер килограмм тайнӑ. Иртнӗ виҫӗ уйӑх хушшинче «1905 год» колхозри Александра Беляева свинарка 58 пуҫ сысна самӑртрӗ, кашни сысна ами пуҫне 557 килограмм сысна ашӗ илчӗ. Халӗ районти колхозсенче татах 1.383 сысна самӑртаҫҫӗ. Колхоз ӗҫченӗсем хӑйсен умне ҫапла задача лартрӗҫ: съезд уҫӑлнӑ кун тӗлне тата 800 сысна самӑртса государствӑна памалла.

Съезд уҫӑличчен юлнӑ вӑхӑтра сӗт-ҫу фермисенче ӗҫлекенсем хӑйсен обязательствисене пурнӑҫлассишӗн уйрӑмах тӑрӑшса ӗҫлеме кирлине шута илсе, колхозсен правленийӗсем, пуҫламӑш парторганизацисем, МТС, райсовет исполкомӗпе КПСС райкомӗ ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстерес тӗлӗшпе тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнаҫҫӗ.

Чӑваш республикинчи ӗҫсыннисем, пӗтӗм совет халӑхӗпе пӗрле, КПСС XX-мӗш съездне чыслӑн кӗтсе илессишӗн кӗрешеҫҫӗ. Кашни колхоз, кашни район ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстерес тӗлӗшпе мӗнпур майсемпе резервсемпе туллин усӑ курсан кӑна республика пысӑк ҫитӗнӳсем тума пултарать. Пире ҫакӑ паллӑ: уйрӑм районсем ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстерсе пыраймаҫҫӗ-ха, ҫавпа пула республика кӑтартӑвӗсем те пысӑках мар. Иртнӗ виҫӗ уйӑх хушшинче хӑшпӗр районсенчи колхоз руководителӗсенчен, ялхуҫалӑх специалисчӗсенчен тата выльӑх пӑхакансенчен чылайӑшӗ пӗлтӗрхи пекех ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл ҫи малтанах виҫӗ уйӑх хушшинче кашни ӗне пуҫне 73 килограмм ҫеҫ сӗт суса илнӗ Сӗнтӗрвӑрри районне, 91-шер килограмм сӗт суса илнӗ Элӗкпе Куславкка районӗсене, 90-ран пуҫласа 120 килограмм таран суса илнӗ Канаш, Советски, Тӑвай, Сӗнтӗр, Чурачӑк тата Вӑрмар районӗсене пырса тивет.

Партин XX-мӗш съезчӗ уҫӑличчен вӑхӑт нумаях юлмарӗ. Хамӑрӑн обязательствӑсене пурнӑҫлас тесен, пирӗн пурин те пысӑк хастарлӑхпа ӗҫлемелле. Хамӑр шутланӑ тӑрӑх, районти колхозсен руководителӗсем, сӗт-ҫу фермисен заведующийӗсемпе дояркӑсем, выльӑх пӑхакансем пурте чун-чӗререн тӑрӑшса ӗҫлесен, эпир январь уйӑхӗнче кашни ӗнерен 200-шер килограмм, февральти 15 кун хушшинче 100 килограмм сӗт суса илме пултаратпӑр. Съезд умӗнхи уйӑх ҫурӑ хушшинче Хрущев ячӗпе тӑракан колхоз кашни ӗнерен 450 килограмм, Сталин ячӗпе тӑракан колхоз—450, «Новая жизнь» колхоз—425, Мичурин ячӗпе тӑракан колхоз—400, «Цивильстрой» колхоз—340, Жданов ячӗпе тӑракан колхоз—300, «1905 год» колхоз—300, «Большевик» колхоз—300, «Сталинцы» колхоз—300, «Правда» колхоз—300, «Красный этновец» колхоз—300, Молотов ячӗпе тӑракан колхоз—300 килограмм сӗт суса илме сӑмах параҫҫӗ.

Тӑван ҫӗршыв умӗнчи патриотла тивӗҫе чыслӑн пурнӑҫласа пырас тесен, ӗнесенчен сӗт суса илессине ӳстерес тӗлӗшпе ҫине тӑрса ӗҫлемелле. Хамӑр опыта кура, сире эпир ҫапла тума сӗнетпӗр:

1. Кашни сӑвакан ӗнене уйрӑммӑн, унӑн чӗрӗ виҫине тата вӑл мӗн чухлӗ сӗт панине шута илсе тӑрантарассине йӗркелемелле, икӗ килограммран кая мар концентратсем, 16—20 килограмм утӑ-улӑм, 15—20 килограмм сӗтеклӗ апат, кирлӗ чухлӗ тӑвар тата минераллӑ апатсем памалла.

Апат рационне силос кӗртмелле. Кашни колхозрах силос шӑтӑкӗсемпе траншейисене уҫмалла, ҫак паха апатпа халех усӑ курма тытӑнмалла. Эпир силоса ҫуркуннехи уйӑхсенче ҫитерме хӑварни йӑнӑш пулать тесе шутлатпӑр, мӗншӗн тесен ҫуркунне, ҫанталӑк ӑшӑтса пынӑ май, ӗнесене утӑ-улӑм нӑтратӑмӗ ҫитерме пулать.

2. Шултра апатсемпе лайӑхрах усӑ курас тесен вӗсене ӗнесене парас умӗн тӗплӗн хатӗрлемелле — вӗтетмелле, пӑспа ҫемҫетмелле, посыпкӑпа е ытти концентратлӑ апатсем хутӑштарса памалла.

3. Шултра апатсене—утӑ-улӑма ӗнесене хутӑштарса, тураса пани кирлӗ. Ҫапла хатӗрлесе панӑ апата ӗнесем лайӑхрах ҫиеҫҫӗ, сӗт ытларах антараҫҫӗ.

4. Ӗнесене пӑхассине лайӑхлатмалла. Вӗсен вырӑнӗсем таса пулччӑр, айне сарса паракан улӑма кашни кунах улӑштарса тӑмалла. Ӗнесене кашни кунах уҫӑлтарма кӑлармалла.

Ӗнесене талӑкра виҫӗ хутран кая мар апат памалла тата шӑвармалла. Сивӗ шывпа шӑварма юрамасть. Фермӑсем нат-не шыв кӳрессине тата ӑшӑтса тӑрассине йӗркелемелле.

5. Кашни фермӑрах хӗллехи янӑх ҫанталӑкра тата ҫурхи шыв-шурта ҫитерме турттарса килнӗ шултра тата концентратлӑ апатсен запасне туса хумалла.

6. Сӗтеклӗ апатсем сахалрах колхозсенче ӗнесене концентратсене ӑшӑ шыв хутӑштарса памалла. Ҫакӑ сӗтеклӗ апатсен шутне кӗрет, вӑл сӗт ытларах суса илме пулӑшать.

7. Ӗнесене кунне икӗ хутран кая мар, пӑруланӑ хыҫҫӑн виҫӗ хутран кая мар сумалла. Сӑвас умӗн тата сунӑ хыҫҫӑн ӗне ҫиллине массаж тумалла.

Нимӗн иккӗленмелли те ҫук: ҫак пирӗн ырӑ канашпа сӗнӳсене пурнӑҫлама тытӑнсан эсир те ӗнесенчен сӗт суса илессине хӑвӑрт ӳстерме пултаратӑр. Выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансемпе колхоз руководителӗсем! Сире социализмла ӑмӑртура ҫитӗнӳсем тума ырӑ сунатпӑр.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX-мӗш съезчӗ умӗнхи социализмла ӑмӑртӑва тата анлӑрах сарса ярар!

**Сыравӑ Ҫӗрпӳ районӗнчи колхозсенче выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансен пухӑвӗсенче сӳтсе явса йышӑннӑ. Пухусенче пурӗ 687 ҫын пулнӑ. Пухура пулнисем кушнипе ҫыру ҫине 344 ҫын алӑ пуснӑ.**

### Малтанхи итогсем



Шупашкарти чӑлха фабрикинче ӗҫлекенсем 1955 ҫулхи производство планне пур енӗпе те ирттерсе тултарчӗҫ. Халӗ кунта КПСС XX-мӗш съездне ӗҫри пысӑк ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илессишӗн, ултӑмӗш пилӗкҫуллӑхӑн малтанхи ҫулӗнчи заданине срокчен тултарассишӗн социализмла ӑмӑрту вӑйланса пырать. Малтанхи вунӑкунри задание 100,6 процент тултарнӑ, планпа палӑртнӑ тӑрӑх пӗрремӗш сортлӑ продукци 91 процент туса кӑлармалла пулсан, 93,4 процент туса кӑларнӑ.

Иртнӗ ҫулти тӑваттӑмӗш кварталтах фабрикӑра ӗҫ нормине тултарманнисем пӗр ҫын та пулман. Чӑлха сыхнӑ сӗрте ӗҫлекен Ф. Ухова, кеттельщица А. Елизарова, сӑрлакан цехра ӗҫлекен В. Матвеева, сортировщица В. Силантьева, ремонтировщик В. Лакомкин, слесарь Енинев тата ытти чылай рабочисемпе работницӑсем нормӑна яланах ирттерсе тултараҫҫӗ.

Цехсемпе сменӑсем мӗнле ӗҫленине кашни кунах кӑтарту хӑми ҫине ҫырса пыраҫҫӗ. Январӗн 13-мӗшӗнче, сӑмахран, чӑлха ҫыхмалли машинӑсемпе ӗҫлемелли задание—113,5, кеттельнӑй машинӑсемпе ӗҫлемелли задание—113 процент тултарнӑ.

Халӗ фабрикӑри цехсемпе сменӑсенчи пухусенче 1955 ҫулти тӑваттӑмӗш кварталти ӗҫсен итогне пӑхса тухаҫҫӗ. Рабочисемпе работницӑсем, инженерсемпе техниксем ҫак кунсенче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерессишӗн, продукцин пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн ҫӗнӗ обязательствӑсем йышӑнаҫҫӗ.

Ӳкерчӗк ҫинче: чӑлха фабрикинчи чи лайӑх сортировщица В. Силантьева юлташ.

И. Никифоров фотоӳкерчӗкӗ.

### КУКУРУЗА АКМА ХАТӖРЛЕНЕТПӖР

ШАХАСАН. Вӑрмар Енӗшри Сталин ячӗпе тӑракан колхозра пӗлтӗр пӗрвайхи ҫул 34 гектар кукуруза акнӑ. Ҫӗнӗ культура пирӗн уйра вӑйлӑ ҫитӗнчӗ. Кашни гектартан 450—460 центнер симӗс масса пухса илтӗмӗр, общественнӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли ҫӗршер тонна лайӑх пахалӑхлӑ силос хыврӑмӑр.

Кӑҫал пирӗн кукуруза акакан лаптӑк 100 гектара ҫити ӳсет. Ун валли чи лайӑх ҫӗр уйӑрнӑ. Халӗ унта виҫӗ хут юр тытрӑмӑр. Кашни гектар ҫине 20-шер тонна тислӗк кӑларатпӑр. Минераллӑ удобренисем те ҫителӗклӗ хатӗрленӗ.

Е. ИЛЬИН.
Кукуруза туса илес енӗпе ӗҫлекен звеньевой.

### АШ-КАКАЙ ИЛЕССИ ӲСЕТ

КОМСОМОЛЬСКИ. «Красная звезда» колхозра иртнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче 100 гектар ҫӗр пуҫне 26,4 центнер сысна ашӗ туса илнӗ. Сысна ферми кӑна артеле 300 пин тенкӗ тупӑш панӑ.

Халӗ 167 сысна самӑртаҫҫӗ. Вӗсене лайӑх тӑрантараҫҫӗ, кашни талӑкра 500—600 грамм хутшӑнса параҫҫӗ.

Ферма заведующийӗ пулса ҫиччӗмӗш ҫул В. Акчурин коммунист ӗҫлет. 1954—1955 ялхуҫалӑх ҫулӗнчи ӗҫсен итогӗсем тӑрӑх ӑна «Республикӑри сысна фермин чи лайӑх заведующийӗ» ятне панӑ.

## Районти хаҫатсене пӑхса тухни

# Анлӑ ҫутатма тивӗҫлӗ ӗҫ

Юлашки виҫӗ-тӑватӑ уйӑхра хӑшпӗр хаҫатсенче кукуруза акса ӳстерессине ҫинчен статьясем пулчӗҫ.

Комсомольски районӗнчи «Октябрь ялавӗ» хаҫатра 1955 ҫулхи сентябрӗн 8-мӗшӗнче «Красная звезда» колхозра кукуруза ӑнса пулнине тата ӑна силослама лайӑх сооруженисем тунине сӑнласа кӑтартакан репортаж пичетленчӗ. Унта колхоз ҫак культурӑна акса ӳстерес тата унтан силос хывас ӗҫе мӗнле йӗркеленӗ ҫинчен ӑнланмалла каласа панӑ. Ҫак хаҫатрах декабрӗн 29-мӗшӗнче «Кукуруза—вӑл тӗштырӑ, аш-какай, сӗт-ҫу» ятлӑ страница пичетленсе тухрӗ. Унта колхозсенче ҫак культурӑн тухӑҫлӑхӗ мӗнле пулни ҫинчен пӗлтернӗ, ӑна акса ӳстерме пур енчен те лайӑх хатӗрленме кирлине кӑтартса панӑ.

«Красная звезда» колхоз иртнӗ ҫулта кашни гектартан кукуруза тунипе ҫулҫине 600 центнер, уйрӑм участоксенчен 700—800 центнер ҫулса илнӗ. Кукуруза акса тума кунта звеносем тунӑ. Кашни гектар ҫине 20—30 тонна тислӗк кӑларнӑ. Кӗрхи ҫӗртме туса хӑварнӑ участоксене ҫуркунне 12—14 сантиметр тарӑнӑшӗ культиваци тунӑ, сӳреленӗ. Культиваци тӑвас умӗн кашни гектар ҫине 2—3 центнер хлорлӑ кали, 2—3 центнер суперфосфат, 1,5—2 центнер аммиак селитри саннӑ. Вӑрлӑх лартнӑ чухне кашни шӑтӑка 400—500 грамм тислӗк хурса хӑварнӑ. Калчана ҫумкурӑкӗсенчен тасатса тӑнӑ, участокри тӑпрана темиҫе хут кӑпкалатнӑ.

Колхоз ӗҫченӗсен кукуруза акса тӑвас ӗҫре наха опыт пур. Вӗсем ҫак культурӑна хӑҫан тата мӗнле тӑпра ҫине аксан, мӗнле пӑхса ӳстерсен вӑл ӑнса пулассине практикӑра тӗрӗслесе пӑхнӑ. Вӗсем ку ӗҫре мӗнле йӑнӑшсемпе ҫитменлӗхсем пуласси нчен сыхланмалли ҫинчен те каласа параҫҫӗ. Вӗсен статьисене вуланипе ҫӗнӗ культурӑна акса ӳстерме мӗн чухлӗ те пулин вӗренме, усӑллӑ канашсем илме пулать.

Анчах чылай хаҫатсенче ҫак ыйтупа ҫырнӑ материалсем сахал пичетленеҫҫӗ, вӗсем те пуринчен ытларах информацилло статьясемпе заметкӑсем кӑна. Акӑ, Первомайски районӗнчи «Коммунар» хаҫат декабрӗн 25-мӗшӗнче Маленков ячӗпе тӑракан колхоз председателӗн В. Тимофеевӑн статьине пичетлерӗ. Унта каланӑ тӑрӑх, колхоз 1955 ҫулта кукуруза 84 гектар акнӑ, кашни гектартан вӑтам шутпа 300 центнер ытла симӗс масса пухса кӗртнӗ. П. Савин ертсе пыракан бригадӑра ҫак культурӑн тунисемпе ҫулҫисем гектартан 500 центнер тухнӑ. Колхоз кӑҫал ҫак паха культурӑна 130 гектар акма йышӑннӑ, ӑна акмалла участока палӑртнӑ, унта тислӗк кӑлараҫҫӗ, 36 тонна минераллӑ удобрени кӳрсе килнӗ. Статьяра каланӑ тӑрӑх, колхозри пӗр бригадӑра ҫак культурӑн тухӑҫлӑхӗ пысӑк, теприсен —пӗчӗк пулнӑ. Апла пулсан, пӗр бригадӑра кукуруза мӗн пирки ӑнса пулнине, ытти бригадӑсенче ун пек пулманнине, ҫакӑ мӗнрен килнине кӑтартса панӑ пулсан, ку питех те усӑллӑ пулӗччӗ.

Пӗр колхозра кукуруза мӗншӗн ӑнса пулнине, тепӗр колхозра мӗншӗн начар ӳснине тӗпчесе пӗлни питӗ кирлӗ. Ку сӑлтавсене пӗлсе ҫитнипе ҫеҫ лайӑх меслетсене анлӑн пропагандӑлама, йӑнӑшсене тӗпӗ-йӗрӗпе уҫса палӑртма, усӑллӑ канашсем пама пулать. Ҫак ӗҫре хаҫат редакцийӗсене ялхуҫалӑх специалисчӗсем нумай пулӑшма пултараҫҫӗ.

Тырпула пухса кӗртнӗ вӑхӑтрампа Елчӗк районӗнчи «Колхоз ялавӗ» хаҫатра кукуруза ҫинчен икӗ-виҫӗ заметка кӑна тухрӗ, колхозсен ку ӗҫри опытне ҫутатакан статьясем пичетленмерӗҫ. Хаҫат редакцийӗ колхозсен экономикине тӗпчесе вӗренме, ҫӗрӗҫӗнчи новаторсен статьисене организациеме, колхозсен нумай енлӗ тата кулленхи пурнӑҫне анлӑн ҫутатма ҫителӗксӗр тӑрӑшать.

Иртнӗ ҫулта чылай колхозсенче кукуруза акса тӑвас енӗпе ӗҫлеме комсомолецсемпе ҫамрӑксен звенисене тунӑччӗ. Ку звеносем пӗлтӗр мӗнле ӗҫленӗ, халӗ ҫуракине хатӗрленес тӗлӗшпе мӗн тӑваҫҫӗ,—ҫаксем ҫинчен Первомайскипе Елчӗк районӗсенчи хаҫатсенчен пӗлме ҫук. Колхозниксене пысӑк тухӑҫлӑ кукуруза туса илмелли меслетсемпе майсем ҫинчен мӗнле вӗрентнине, вӗсем валли ку ыйтупа мӗнле лекцисемпе докладсем ирттернине пӗлес тесен, асӑннӑ хаҫатсене вулани кӑлӑхах пулать.

Ҫак фактсенчен хаҫатсенче кукуруза акса ӳстерес, унпа усӑ курас ыйтусене ҫутатас ӗҫе тӗпренех лайӑхлатма кирли курӑнать. Тухӑҫлӑ кукуруза ӳстерме мӗнле ӗҫсем тунӑ ҫинчен, малта пыракан опыт ҫинчӗн каласа паракан статьясем, колхоз руководителӗсен, бригадирӗсен, ялхуҫалӑх специалисчӗсен статьисем ытларах кирлӗ. Ҫав ыйтӑва анлӑн ҫутатни ял ӗҫченӗсене хӑйсен обязательствисене ӑнӑҫлӑн пурнӑҫлама пулӑшӗ.

## „Коммунизм ялавӗ" хаҫатра ҫырнӑ хыҫҫӑн

### «ҪЫРУ МИНИСТЕРСТВӐРАХ ВЫРТАТЬ»

1955 ҫулхи декабрӗн 28-мӗшӗнче «Коммунизм ялавӗ» хаҫатра «Ҫыру министерствӑрах выртать» ятлӑ ҫыру пичетленнӗччӗ. Чӑваш АССР Финанс министерстви статьяра фактсене тӗрӗс ҫутатса панӑ, тесе йышӑнать. Статьяна Финанс министерстви работникӗсен канашлӑвӗнче сӳтсе явнӑ, ӗҫсыннисен жалобисемпе заявленийӗсене вӑхӑтра пӑхса тухма, вӗсен авторӗсене тивӗҫтерекен ответсем памалла тума конкретлӑ мерӑсем йышӑннӑ. Министерство пайӗсен начальникӗсене ҫак ӗҫе тӑтӑшах тӗрӗслесе тӑма хушнӑ. Кадрсен пайӗн начальникне Зайцев юлташа ӗҫсыннисен жалобисемпе заявленийӗсене пӑхса тухас ӗҫ ҫине ҫиелтен пӑхнӑшӑн выговор панӑ.

Сидоров юлташа Финанс министерствин укҫа-тенкинчен 300 тенкӗ парса пулӑшнӑ. Ҫав вӑхӑтрах Чӑваш АССР Социальнӑй обеспечени министерствинчен Сидоров юлташа курорта каймалли путевка пама ыйтнӑ.

### «РАЙОНТИ ОРГАНИЗАЦИСЕНЧЕН ПУЛӐШУ ЫТЛАРАХ КӖТЕТПӖР»

«Коммунизм ялавӗ» хаҫатӑн иртнӗ ҫулхи 240-мӗш номерӗнче «Районти организацисенчен пулӑшу ытларах кӗтетпӗр» ятлӑ статья пичетленнӗччӗ.

КПСС Етӗрне райкомӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Етӗрне райисполкомӗ халӗ «Большевик» колхоза строительство материалӗсем, витесене хутса ӑшӑтма вутӑ ҫителӗклӗ уйӑрса панӑ.

Райком пӗлтернӗ тӑрӑх, вӑтӑр пин шучӗпе колхозра ӗҫлеме пынӑ Цветков юлташа председатель пулма суйланӑранпа артель хуҫалӑхне ертсе пырас ӗҫ чылай лайӑхланнӑ. Колхозниксем хушшинче ӗҫ дисциплини ҫирӗпленсе пырать, колхоз членӗсем производствӑна активлӑн хутшӑнаҫҫӗ. Колхозра ялхуҫалӑх ӗҫӗсене вӑхӑтра туса пыраҫҫӗ.

### «ТАТӐКЛӐ УЛШӐНУ ПУЛМАЛЛА»

«Коммунизм ялавӗ» хаҫатӑн иртнӗ ҫулхи 249-мӗш номерӗнче «Татӑклӑ улшӑну пулмалла» ятлӑ статья тухнӑччӗ.

КПСС Октябрьски райкомӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, статьяна районти шкул директорӗсен канашлӑвӗнче тата Ҫатракассинчи вӑтам шкулти парторганизацин уҫӑ пухӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Канашлура та, пухура та Ҫатракассинчи шкул ӗҫӗнче нумай ҫитменлӗхсем пуррине палӑртнӑ. Вӗсене пӗтерес шутпа райисполкомӑн сутӗҫ пайӗ енӗпе те, парторганизаци енӗпе те мерӑсем йышӑннӑ.

## Сысна ашӗ ытларах туса илессишӗн

1954 ҫулта сыснасем ӗрчетес тӗлӗшпе палӑрмалла ҫитӗнӳсем тунӑшӑн пирӗн колхозӑн сысна ферми тата унта ӗҫлекенсем, пурӗ 11 ҫын, Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсем пулма тивӗҫлӗ пулчӗҫ. 1954—1955 хуҫалӑх ҫулӗнче татах та пысӑкрах ҫитӗнӳсем турӑмӑр. Ҫулталӑк хушшинче вӑтам шутпа кашни амаран 18-шар ҫура илсе пӑхса ӳстертӗмӗр, сухалакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 14,7-шер центнер сысна ашӗ туса илтӗмӗр. Иртнӗ ҫулӑн итогӗсем тӑрӑх К. Яковлева, З. Матвеева, А. Федорова тата З. Юнусова свинаркӑсене «Республикӑри чи лайӑх свиновод» ятне панӑ.

Партин XX-мӗш съезчӗ ячӗпе социализмла ӑмӑртӑва хутшӑнса, эпир хамӑр ҫине тата пысӑкрах обязательствӑсем илтӗмӗр, ҫӗнӗ ялхуҫалӑх ҫулӗнче кашни амаран 20-шер ҫура илсе пӑхса ӳстерме, сухалакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 25 центнер сысна ашӗ, вӑл шутран 8 центнерне партин XX-мӗш съезчӗ уҫӑлнӑ кун тӗлне илме пултӑмӑр. Панӑ сӑмаха чыслӑн пурнӑҫлас тесе хӗрӳллӗн ӗҫлетпӗр. Январӗн 1-мӗшӗ тӗлне пӗтӗмпе 52 сысна самӑртрӑмӑр. Виҫӗ уйӑх хушшинче сухалакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 8,3-шер центнер сысна ашӗ туса илтӗмӗр. Ҫакӑн хыҫҫӑн эпир малтан илнӗ обязательствӑсене ҫӗнӗрен пӑхса тухрӑмӑр, ҫулталӑк хушшинче сухалакан ҫӗрсен кашни 100 гектарӗ пуҫне 30 центнер, е иртнӗ ҫулхинчен икӗ хут ытларах, сысна ашӗ туса илме йышӑнтӑмӑр. Халӗ татах 105 сысна самӑртма хупнӑ, вӗсене ҫитес уйӑхсенче государствӑна памалла тӑватпӑр.

Пирӗн фермӑра ама сыснасем пурӗ 50 пуҫ шутланаҫҫӗ. Кунсӑр пуҫне, кӑҫал, малта пыракан колхозсен опычӗпе, иртнӗ ҫулхи март уйӑхӗнче ҫуралнӑ ҫурасенчен пӗр хут ҫӑвӑрлаттармашкӑн 20 ама хӑварнӑ. Вӗсенчен кашнинчен 10-шар ҫура таран илме пулать. Ҫапла вара 1955—1956 ялхуҫалӑх ҫулӗнче ама сыснасенчен пӗтӗмпе 1.200 ҫура илме пултаратпӑр.

Панӑ сӑмаха пурнӑҫласси—свинаркӑсен чыслӑ тивӗҫӗ. Эпир сысна ашӗ туса илессине ҫулталӑк хушшинче икӗ хут ӳстерессишӗн пӗтӗм вӑй-хӑвата хурса ӗҫлӗпӗр.

И. ДОЙСКОВ.
Муркаш районӗнчи «Сталинец» колхозри сысна фермин заведующийӗ.

# Суд ӗҫӗнче йӑнӑшсем пулмалла мар

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви государство аппарачӗн ӗҫне лайӑхлатасси ҫине тимлӗ пӑхаҫҫӗ, ӗҫсыннисен жалобисемпе ҫырӑвӗсене вӑхӑтра пӑхса тухма, социализмла законлӑха ҫирӗп пӑхӑнса пыма хушаҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл чи малтан судпа следстви органӗсен работникӗсене пырса тивет.

Республикӑри судпа следстви органӗсен ӗҫӗ юлашки вӑхӑтра чылай лайӑхланчӗ. Анчах кивӗлле ӗҫлекен, ӗҫсыннисен жалобисемпе ҫырӑвӗсем ҫине сӳрӗк, ҫиелтен пӑхакан работниксем те пур-ха.

Ҫакна нумай тӗслӗхсемпе кӑтартса пама пулать. Первомайски районӗнчи халӑх сучӗ Шулаев, Бельтяев тата ҫул ҫитмен Александров ӗҫне пӑхса тухнӑ. Вӗсене хулиганла ӗҫсем тунӑшӑн айӑпланӑ. Суд тунӑ чухне закон йӗркисене пӑснӑ. Закон судра айӑпланаканӑн ӗҫне унӑн тӑван чӗлхипе пӑхса тухма хушать. Кунта вара, Бельтяев чӑвашла пӗлмен пулин те, унӑн ӗҫне чӑваш чӗлхипе пӑхса тухнӑ, ӑна вырӑсла куҫарса паман. Александровӑн ҫул ҫитмен пирки унӑн интересӗсене адвокатӑн хӳтӗлемелле пулнӑ. Анчах суда адвокат хутшӑнман.

Ҫапла ӗнтӗ, Первомайски районӗнчи халӑх сучӗ (халӑх судьи Орлов юлташ) асӑннӑ ӗҫ ҫине ҫиелтен пӑхнӑ, закона пӑснӑ. Айӑпланакансем жалоба панӑ хыҫҫӑн ӗҫе тепӗр халӑх сучӗ ҫӗнӗрен пӑхса тухнӑ, ун чухне закон хушнисене пурне те ҫирӗп пӑхӑннӑ. Вара Шулаева пӗр сӑлтавсӑрах айӑплани курӑннӑ.

Тепӗр уйӑхран ҫав халӑх сучӗ, Орлов юлташ председатель пулса ертсе пынипе, ҫул ҫитмен Матвеевӑн ӗҫне пӑхса тухнӑ. Ӑна 64 килограмм утӑ вӑрланӑ тесе суда панӑ пулнӑ. Айӑпланаканӗ каланинчен ҫакӑ курӑннӑ: вӑл, киле таврӑннӑ чухне, чӑнах та урапа ҫине ҫичӗ-сакӑр килограмм утӑ хунӑ. Судӑн ҫав ӗҫ ҫине тимлӗрех пӑхмалла пулнӑ, мӗншӗн тесен мӗн чухлӗ утӑ вӑрланине никам та пӗлмен, ҫав утта никам та виҫмен. Анчах халӑх судьи Орлов юлташ ӗҫе тӗплӗн пӑхса тухма тӑрӑшман.

Республикӑри прокурор хирӗҫленипе халӑх сучӗн приговорне пӑрахӑҫа кӑларнӑ. Ҫакӑн хыҫҫӑн та районти прокурор Богданов юлташ Матвеева тӗрӗс айӑпланӑ теме пӑхнӑ. Ку ӗҫе Чкаловски районӗнчи халӑх сучӗ тепӗр хут пӑхса тухнӑ. Матвеева тӳрре кӑларма сӑлтавсем пуррине кӑтартса панӑ. Ҫак тӗслӗхрен акӑ мӗн курӑнать: совет гражданинне никам пырса тӗкӗнме пултараймасси ҫинчен калакан закона пӑсса, Матвеева айӑпли мар ҫӗртенех айӑпланӑ. Ҫакӑ вӑл Первомайски районӗнчи халӑх судьи Орловпа прокурор Богданов юлташсем ответлӑха туйманни ҫинчен, вӗсем социализмла законлӑха пӑсни ҫинчен калать.

Социализмла законлӑха ҫавӑн пек пӑснисем Первомайски районӗнче кӑна пулман. Ҫав ҫитменлӗхсем, судпа следстви органӗсенчи работниксен пӗкӗвӗ ҫителӗксӗрринчен мар, пуринчен ытла, вӗсем хӑйсене хушнӑ ответлӑ ӗҫе ҫиелтен, ответлӑха туймасӑр туса пынинчен килеҫҫӗ.

Ҫавна пула ӗнтӗ тепӗр чухне суд работникӗсем хӑрушӑ преступниксене хӳтӗлес ҫул ҫине те тӑраҫҫӗ. Улатӑр районӗнчи пӗрремӗш участокри халӑх сучӗ Макаровпа Сатянов хулигансене тӳрре кӑларнӑ. Вӗсем Ивановӑри радиоузел монтерӗсем пулса ӗҫленӗ. Радиоузел заведующийӗ Куликов юлташ тимсӗр пулнипе усӑ курса, вӗсем микрофон умӗнче киревсӗр юрӑсем юрлама, усал сӑмахсем каласа шавлама тытӑннӑ. Хулигансен ҫак пӳтсӗр ӗҫӗ ҫынсене ҫав тери тарӑхтарнӑ. Анчах халӑх сучӗ (халӑх судьи Голубев юлташ) ҫав хулигансене тӳрре кӑларма йышӑннӑ. Районти прокурор хирӗҫленипе кӑна малтанхи приговора пӑрахӑҫа кӑларнӑ, ӗҫе тепӗр хут пӑхса тухнӑ та хулигансене тивӗҫлипе ответ тыттарнӑ.

Етӗрне районӗнчи халӑх сучӗ, Толстов юлташ председатель пулса ертсе пынипе, Етӗрне горповӗн апат-симӗҫ сутакан магазин заведующийӗ пулнӑ Васинӑн ӗҫне пӑхса тухнӑ. Вӑл 8 пин тенкӗлӗх тавар вӑрланӑ пулнӑ. Халӑх сучӗ вӑрра икӗ ҫул хушши ирӗксӗрлесе ӗҫлеттермелле тунӑ. Ҫакӑн пек ҫӑмӑл наказани панине суд Васинӑн лайӑх характеристика пуррипе тата вӑл пӗрремӗш хут айӑпланнипе ӑнлантарнӑ. Ҫав вӑхӑтрах акӑ мӗн паллӑ пулнӑ: Васин пӗрмаях ӳсӗр ҫӳренӗ, час-часах ӗҫмӗне ачисенчен мӑшкӑлланӑ. Социализмла пурлӑха нумай вӑрлани те ӗнтӗ ӑна лайӑх енчен хаклама май паман.

Халӑх сучӗ вӑрра ҫӑмӑл наказани панӑ пирки районти прокурор хирӗҫленӗ. Чӑваш АССР Верховнӑй сучӗ, Павлова юлташ председатель пулса ертсе пынипе, халӑх сучӗн приговорне вӑйрах хӑварнӑ. Республика прокурорӗ хутшӑннӑ хыҫҫӑн тин суд приговорне тата суд коллегийӗн решенине пӑрахӑҫа кӑларнӑ, Васина пысӑкрах наказани панӑ.

Ӗҫри ҫитменлӗхсем тепӗр чухне судьясен, следовательсемпе прокурорсен юристла, пуринчен ытла, политикӑлла пӗлӗвӗсем ҫителӗксӗрринчен, опыт сахаллинчен килеҫҫӗ. Кунпа эпир килӗшетпӗр. Ҫав юлташсене ӗҫ квалификацине ӳстерме пулӑшмалла, законпа тӗрӗс усӑ курма, совет ҫыннисен правасем ҫине тимлӗн пӑхма вӗрентмелле. Анчах ҫӳлерех илсе кӑтартнӑ тӗслӗхсем урӑххи ҫинчен те калаҫҫӗ: ҫитменлӗхсем час-часах опыт сахаллинчен мар, ӗҫ ҫине ҫиелтен, ҫӑмӑлттайла пӑхнинчен, ответлӑха сухатнинчен килеҫҫӗ.

Орлов юлташа та, Павлова юлташа та суд ӗҫӗнчи опытсӑр работниксем теме ҫук. Павлова юлташ темиҫе ҫул хушши ӗнтӗ Чӑваш АССР Верховнӑй суд председателӗн заместителӗ пулса ӗҫлет. Унӑн унччен те ҫӳлерех асӑннӑ йышши йӑнӑшсем нумай пулнӑ, вӗсенчен вывод тума вӑхӑт ӗнтӗ. Анчах Павлова юлташ ҫав йӑнӑшсенчен халӗ те хӑтӑлса ҫитме тӑрӑшмасть.

Тата тепӗр тӗслӗх илсе кӑтартӑпӑр. Пӗр заводри пекарня заведующийӗ Чалков, сакӑр пӗсерекен 2-мӗш завод склачӗн заведующийӗпе Митягинпа пӗр канарлӑ пулса, сӑнӑх вӑрланӑ. Шупашкар хулинчи 4-мӗш участокри халӑх сучӗ преступниксене тивӗҫлипе айӑпланӑ: чылай ҫулсем хушши ирӗксӗрлесе ӗҫлеттермелле тунӑ. Ҫапах та Верховнӑй суд коллегийӗ Митягин тӗлӗшпе ӗҫе чарса лартнӑ. Митягин преступникла ӗҫсем тунине следстви органӗсемпе халӑх сучӗ пӗтӗмпех кӑтартса панӑ пулин те, Верховнӑй суд ҫавӑн ҫине ҫавӑрӑнса та пӑхман, формальнӑй сӑлтавсем шыранӑ. Республика прокурорӗ хирӗҫленине кура, Верховнӑй суд ку ӗҫе, Павлова председатель ертсе пынипе, тепӗр хут пӑхса тухнӑ, анчах малтанхи пекех хӑварнӑ.

1955 ҫулхи сентябрӗн 8-мӗшӗнче Шупашкар хулинчи 2-мӗш участокри халӑх сучӗ ҫак ӗҫе виҫҫӗмӗш хут пӑхса тухнӑ. Вӑл Митягинпа Чалков социализмла харпӑрлӑха вӑрланӑшӑн айӑплӑ тесе йышӑннӑ, вӗсене 10-шар ҫул хушши ӗҫлесе юсанмалла лагере хупмалла тунӑ. Ку хутӗнче вара ҫак приговорпа Верховнӑй суд та килӗшнӗ. Ҫапла, Верховнӑй суд председателӗ Шестипаловпа унӑн заместителӗ Павлова айӑпне пула ҫак ӗҫе 6 уйӑх хушшинче тин пӑхса тухнӑ, вуншар ҫынна суда чӗнтерсе вӗсене ӗҫрен уйӑрнӑ.

Тата тепӗр тӗслӗх илсе кӑтартма пулать. Елчӗк районӗнчи «Трактор» колхозри ҫамрӑк колхозницӑсем З. Егоровӑпа Л. Судакова договор туса пӗр ҫуллӑх урӑх ҫӗре ӗҫлеме кайнӑ. Срок иртнӗ хыҫҫӑн вӗсем 1955 ҫулхи январь уйӑхӗнче хӑйсене киле яма ыйтнӑ. Вӗсене администраци законсӑр тытса тӑнине кура, Егоровӑпа Судакова хӑйсен ирӗкӗпех колхоза таврӑннӑ. Колхоз правленийӗ хӑй те колхозницӑсене каялла килме чӗннӗ. Тӑван колхоза таврӑнсанах вӗсем ӗҫе хастарлӑ тытӑннӑ. Анчах ҫак икӗ ҫамрӑк колхозницӑсен те чунсӑр ҫынсенчен хур курма тивнӗ. Мускав хулинчи Москворецки районӗнчи 2-мӗш участокри халӑх сучӗ, трест ыйтнипе, Егоровӑпа Судаковӑна шырама тытӑннӑ.

Елчӗк районӗнчи халӑх сучӗ, Галямов юлташ председатель пулса ертсе пынипе, ӗҫе тӗплӗн тишкерсе тухмасӑрах, Егоровӑпа Судаковӑна производствӑран хӑйсен ирӗкӗпе тухса кайнӑ тесе айӑпланӑ. Айӑпланнисен ашшӗ-амӑшӗсем ыйтнипе республика прокуратури законсӑр приговора улӑштарма ыйтнӑ. Верховнӑй суд ӗҫсем мӗнле пулса иртнине тӗплӗн тишкерсе тухасса, айӑпсӑррисене тӳрре кӑларасса шанма пур майсем те пулнӑ ӗнтӗ.

Анчах апла пулман. Чӑваш АССР Верховнӑй Сучӗ, Шестипалов председатель пулса ертсе пынипе, ӗҫ ҫине сӳрӗккӗн пӑхнӑ. Трест администрацийӗ Егоровӑпа Судаковӑна колхоза таврӑнма ирӗк паман тесе, Верховнӑй суд та айӑплакан приговорах йышӑннӑ. РСФСР Верховнӑй Сучӗ хутшӑннӑ хыҫҫӑн тин Егоровӑпа Судакова тӗлӗшпе, вӗсем айӑплӑ пулман пирки ӗҫе пӗтерсе лартнӑ.

Ҫапла ӗнтӗ, халӑх судӗнче ҫеҫ мар, Верховнӑй судра та ҫӗнӗрен йӑнӑш тунӑ. Калас пулать, республикӑри Верховнӑй судӑн ҫавӑн пек йӑнӑшсем сахал мар пулаҫҫӗ.

Судпа прокуратура работникӗсем социализмла законлӑха ҫирӗппӗн пӑхӑнса пыни социализмла право йӗркисене ҫирӗплетмелли условисенчен пӗри пулса тӑрать. Совет сучӗ преступниксене хирӗҫ хытӑ кӗрешет, вӑл ҫавӑнпа пӗрлех ӗҫсыннисене коммунизмла воспитани парас тӗлӗшпе те пысӑк ӗҫсем тӑвать. Суд работникӗ мӗнле те пулин йӑнӑш турӗ пулсан, ӑна ҫийӗнчех тӳрлетес пулать. Кунта ҫав йӑнӑша кам тунине уйса тӑни пулмалла мар, мӗншӗн тесен сӑмах совет ҫыннин никам тӗкӗнейми прависем—СССР Конституцийӗ панӑ правӑсем ҫинчен пырать.

А. ТУМАНОВ.
Чӑваш АССР прокуратурин уголовно-судебнӑй пайӗн начальникӗ.

# Çуракине начар хатĕрленеççĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче районти колхозсем тырпул тухăçне ÿстерес тĕлĕшпе хăшпĕр ÿсĕмсем турĕç. Кашни гектартан район вăтам шутпа 12,6 центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Çĕрĕçне лайăх йĕркеленĕ, агротехника мероприятийĕсене тĕрĕс пурнăçлакан «Путь Ленина», «Волга», «Сталинец» ялхуçалăх артелĕсенче гектартан 16—17-шар центнер тырă илнĕ. Çав вăтам шутран хăшпĕр колхозсенче тырпул тухăçĕ малашлăх плана палăртнинчен сахалрах. Ытти колхозсемпе пĕр пек условисенчех пурăнакан «Красная Шатьма» ялхуçалăх артелĕнче, сăмахран, кашни гектартан 10,4 центнер çеç тырă тухнă.

Тырпул тухăçĕ «Красная Шатьма» колхозра мĕншĕн кирлĕ пек ÿсеймест? Иртнĕ çулта колхоз хире тислĕк 4.300 тонна вырăнне 850 тонна, торф 1.500 тонна вырăнне 966 тонна кăна кăларнă. Уй-хире удобренисем кăларас ĕç кунта çултан-çулах начар пулса пынă.

Тырпул тухăçне çителĕклĕ таран ÿстереймен «Красное Сормово» тата «Родина» колхозсенче те уя тислĕкпе торф сахал кăлараççĕ. Район иртнĕ çулта уй-хире вырăнти удобренисем кăлармалли плана чылай тултарайман. Тислĕк кăлармалли плана 7 колхоз, торф хатĕрлемелли плана 3 колхоз кăна пурнăçланă. Минераллă удобренисемпе те çителĕксĕр усă курнă.

Колхозниксем хăйсем йышăннă тăрăх, кăçал пĕлтĕрхинчен чылай нумайрах, пурĕ 150 пин тонна тислĕк, 75 пин тонна торф хатĕрлесе уя кăлармалла. Вăйлă тырпул туса илессишĕн çине тăрса кĕрешекен «Сталинец», Мичурин ячĕпе тата Булганин ячĕпе тăракан колхозсенче уя удобренисем кăларас ĕç анлăн сарăлнă. «Сталинец» артель членĕсем хĕле кĕнĕренпе хире 5 пин тонна ытла тислĕк, 2 пин тонна юшкăн кăларнă. Колхоз ĕççыннисем акăнакан кашни гектар пуçне 14-шар тонна удобренисем кăларма тăрăшаççĕ. Мичурин ячĕпе тăракан колхозра та уя 2 пин тонна торф кăларнă. Тислĕкпе торф турттарнă çĕрте куллен 40—50 лав ĕçлет.

Апла пулин те районти колхозсенче тислĕк, торф тата ытти удобренисем хатĕрлесе уй-хире кăларасси çителĕклĕ пулса пырать теме çук. Чылай колхозсенче кăçал та иртнĕ çулхи йăнăшсенех тăваççĕ, çĕре удобренисем кăларса çемçетме тивĕçлипе тăрăшмаççĕ. «Родина» колхозрăх, хĕле кĕнĕренпе 30 тонна ытларах çеç кăларнă, торф хатĕрлеме пуçăнман та. «Красное Сормово», Молотов ячĕпе тăракан тата «Красная Шатьма» артельсенче те иртнĕ уйăхра уя тислĕк сахал тăкнă. Райĕпе илсен, пĕр уйăх хушшинче уй-хире 5 пин тонна ытларах тислĕк, 1,5 пин тонна торф кăларнă.

МТС хĕллехи агротехникăлла ĕçсен организаторĕ пулса тăрайман. Кунта агротехникăлла мероприятисен планне те туса хатĕрлемен.

— Колхозсенче плансем пур, иртнĕ çултах тунă, вĕсемпе ĕçлеççĕ,—тет МТС-ăн главнăй агрономĕ Н. Фомин юлташ. Анчах, МТС енчен тĕрĕс ертсе пырсан, колхозсем тата лайăхрах, ăнăçларах ĕçлесе пултарнине вăл шута илмест пулмалла. Фомин юлташ колхозсем çуракине тухиччен хире мĕн чухлĕ тислĕк тата торф кăларма пултарнине çинчен те тĕплĕн пĕлмест. МТС колхозсене тракторсемпе удобренисем турттарма пама илнĕ обязательствăна начар пурнăçлать.

Пахаа вăрлăх—вăйлă тырпул никĕсĕ. «Родина», «Красное Сормово» колхозсен руководителĕсем паха вăрлăх хатĕрлес ĕçе хакламаççĕ. Вĕсем çулсеренех виççĕмĕш класлă начар вăрлăх акнипе килĕшсе пурăнаççĕ, çавна пула колхозсенче тĕштырă-сен тухăçлăхĕ пĕчĕк.

— Ку таранччен мĕнпур вăрлăхăн виççĕмĕш пайне кăна тĕрĕслеме илсе килнĕха, тесе каласа парать районти вăрлăх пахалăхне тĕрĕслекен лаборатори заведующийĕ Т. Николаева юлташ. Анчах çакăнтан та 75 проценчĕ акма юрăхсăр. Районта пĕрремĕшпе иккĕмĕш класлă паха вăрлăхсем çукпа пĕрех.

. МТС колхозсене вăрлăх хатĕрлес тĕлĕшпе те сахал пулăшать. МТС-ăн вăрлăх тасатмалли «ОС-1» йышши виçĕ машина пур, анчах вĕсенчен пĕри кăна ĕçлет, иккĕшĕ çулталăка яхăн ĕнтĕ станци картишĕнче юсавсăр лараççĕ.

Иртнĕ çулта чылай колхозсенче çуракинче кирлĕ пулакан ялхуçалăх машинисемпе инвентарьсене çителĕклĕ таран юсаман. Çавна пула çураки вăхăтĕнче пысăк чăрмавсем пулчĕç. Çакăнтан кăçал та выводсем туман-ха, колхозсенче плугсемпе сеялкăсем, сÿресем юсас, урапасене йĕркене кĕртес ĕç начар пулса пырать. Тимĕрçĕ лаççисем чылай çĕрте хупă тăраççĕ.

Н. ОРЛОВ.
(Хамăр корр.).

# Колхозсене кивçен паракан укçа-тенкĕ

Ялхуçалăх банкĕн республикăри кантурĕн управляющийĕ А. Клочков юлташ пирĕн корреспондента çапла пĕлтерчĕ:

— Колхозсене ялхуçалăх банкĕ урлă кивçен парса пулăшма кăçал 18 миллион та 600 пин тенкĕ уйăрса панă. Çак шутран фермăсенчи выльăх-чĕрлĕх валли витесем тата силос сооруженийĕсем тума, фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилеме 12 миллион тенкĕ, колхозсене электричество кĕртме 2 миллион, минераллă удобренисем туяма 600 пин тенкĕ параççĕ.

Кăçал колхозсем, ялхуçалăх банкĕ урлă кивçен илнисĕр пуçне, хăйсен пайланман фончĕсенчен сурт-йĕрсем тума сахалтан та 75 миллион тенкĕ расходламалла. Общественнăй хуçалăха аталантармалли малашлăх планĕсенче палăртнине шута илсе, кăçал вĕсем лаша, ĕне, нăру, сысна, сурăх тата чăх-чĕп витисем нумай туса лартма йышăннă.

Малта пыракан чылай колхозсенче электричество вăйĕпе ялхуçалăхри ĕçсенче анлăн усă курма тытăнчĕç. Кăçал республикăри 17 колхозра иртнĕ çул тума пуçăннă электростанцисене туса пĕтермелле, ытти электростанцисенчен 15 колхоза электричество кĕртсе çитермелле.

Çитес çулсен вăхăтра Шупашкарти электростанцирен Çĕрпÿ, Чурачăк, Красноармейски районĕсенчи колхозсене электричество кĕртме хатĕрленеççĕ. Çакна май Шупашкарта трансформаторнăй станци, Çĕрпÿре понизительнăй подстанци туса лартмалла.

Кăçал республикăри 24 фермăри ĕнесене электричество вăйĕпе сума тытăнмалла.

1956 çулта колхозсем хăйсен укçатенкипе тата ялхуçалăх банкĕн кивçен илнĕ укçасене пахча çимĕç калчисем лартса ÿстерме парник рамисем 21 пин ытла тумалла, 515 гектар çинче çĕнĕ садсем хывса хăвармалла, виçĕ миллион тенкĕлĕх ялхуçалăх машинисем, пилĕк миллион тенкĕлĕх нумай çул ÿсекен курăк вăрри туянмалла.

Ялхуçалăх банкĕ урлă кивçен илнĕ тата хăйсем перекетленĕ укçа-тенкĕпе колхозсем ăратлă выльăхсем туянмалла, республикăри колхозсенчи 124 фермăна шыв парассине механизацилемелле, 134 фермăра автопоилкăсем вырнаçтарса лартмалла.

# Шкулсенче вырăс литературине вĕрентес ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле

Вăтам шкулсенче вырăс литературине вĕренекенсем пĕр-пĕр произведение вуламан-ах ăна пĕлнĕ пек хисепленсе çак вĕренÿ çулĕнче те пысăк-ха. Чылай чухне «3» е «4» паллă илнĕ вĕренекенсене те эпир вырăс литературине çителĕклĕ пĕлет тесе калаймастпăр.

Пуриншĕн те паллă, вырăс литературине вĕрентес ĕçре чи кирли—программăра кăтартнă произведенисене кашни ачана вулаттарасси. Произведенисене вĕсне çитиччен ăнланса вуласан кăна вĕренекенсем вырăс литературине пĕлме пултараççĕ, культурăллă тавракурăмĕ ÿсет, вĕсем вырăсла тĕрĕс калаçма хăнăхаççĕ. Апла пулин те хăшпĕр шкулсенче художествăлла произведенисем вулас ĕçе хисепе хумаççĕ, произведенисене тишкерсе вулас вырăнне учительсем унăн содержанине çеç каласа параççĕ. Шкул ачисем вара произведение анализ тума, кĕнекепе харпăр хăй тĕллĕн ĕçлеме вĕренеймеççĕ, учитель каласа панине те часах манаççĕ.

Вырăс литературине пирĕн республикăри шкулсенче мĕнле вĕрентнине, çамрăксем мĕнле пĕлÿ илнине педагогика институтне вĕренме кĕмелли кăçалхи экзаменсем лайăх кăтартса пачĕç. Вĕсенчен чылайăшĕ сочиненисене начар çырчĕç, произведенисен идейăлла содержанийĕсене уçса пама пĕлмерĕç. Хăшпĕрисем уйрăм персонажсене характеристика парас вырăнне произведени содержанине кăна каласа пачĕç, теприсем учебникри шухăшсене те кĕскен çеç каларĕç. Советски вăтам шкулĕнчен вĕренсе тухнă А. Лукин Н. А. Некрасовăн «Кому на Руси жить хорошо» поэми çинчен нимĕн калама та пултараймарĕ. Чурачăк районĕнчи Метикассинчи вăтам шкултан вĕренсе тухнă Галактионова А. Фадеевăн «Çамрăк гварди» романĕнчи геройсене те аса илеймерĕ. Кун пек тĕслĕхсем татах пур.

Хăшпĕр шкулсенче учительсем календарнăй плансем тунă чухне произведенисене ачасем хăйсем вуласси çинчен манса каяççĕ. Сăмахран, Чурачăкри вăтам шкулти учительница А. Филиппова юлташ «Н. Г. Чернышевский» темăна вĕрентмелли планра «Что делать?» произведение вулама пĕр сехет те уйăрса хуман, класс тулашĕнче мĕнле вулассине те палăртман. Н. Г. Чернышевскин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен икĕ сехет каласнă хыççăн вăл тÿрех «Что делать?» роман содержанийĕ çине куçать. Романа майтан пĕтĕмпех вуласа тухмасан, пĕр сехет хушшинче унăн содержанине мĕнле вĕрентме пулать-ши?

Çăнах та, программăра кăтартнă пур произведенисене те ачасене вулаттарса тухасси çăмăл ĕç мар. Уйрăмах А. С. Пушкинăн «Евгений Онегин», Л. Н. Толстойăн «Война и мир» пек пысăк произведенисене вăхăтра вуласа тухма йывăр. Çак ĕçе лайăхрах йĕркелес шутпа хăшпĕр учительсем произведение пайăн-пайăн вулама уйрăм вĕренекенсене хушаççĕ, вара вĕсем мĕн вуланине класра пĕрин хыççăн тепри каласа параççĕ. Çапла майпа произведенин пĕтĕм содержанийĕпе класра кĕске вăхăт хушшинчех паллашма пулать, анчах, капла тусан, кашни ача пĕтĕм произведение вуласа тухаймасть. Çавăнпа ку меслете ытлашшиех мухтама çук. Тепĕр чухне учительсем пур ачасене те палăртнă вăхăт тĕлне 3—4 сыпăк вулама хушаççĕ. Урокра вара учитель ачасенчен пĕр-пĕр сыпăкĕн содержанине ласа пама ыйтать. Паллах, ку меслетпе ĕçлесен, ачасем произведение пурте вулаççĕ, анчах вăхăт программăра кăтартнинчен ытларах кирлĕ. Хăшпĕр учительсем вара, çак меслетсен йывăрлăхĕсенчен пăрăнас шутпа, произведени содержанине хăйсем каласа панипех çырлахаççĕ.

Пирĕн республикăри шкулсенче пысăк произведенисене вĕрентес енĕпе пултарулă ĕçлекен учительсем те сахал мар. Акă, Муркаш районĕнчи Йÿçкассинчи вăтам шкул учителĕ Г. Григорьев, Тивĕшри вăтам шкул учителĕ Е. Порфирьева юлташсем, Шупашкар хулинчи нумай учительсем вырăс литературин программине кĕрекен пур произведенисене те вулаттарма тăрăшаççĕ. Ачасене вĕсем художествăлла произведение класра вĕренме тытăниччен пĕр уйăх е унтан та маларах вуласа тухма хушаççĕ. Мĕнле вуланине тĕрĕслес тата ăнланманнине ăнлантарас тĕллевпе вĕсем вăхăтăн-вăхăтăн калаçусем, консультацисем ирттереççĕ. Çакăн хыççăн урокра произведение вĕрентес ĕç те çăмăлланать: майтăн пĕрре вуланăскерне шкулта тепĕр хут вĕреннĕ хыççăн ачасен пĕлĕвĕсем тарăнрах пулаççĕ, вырăсла кĕнекесене юратса вулама хăнăхаççĕ, вĕренекенсен сочиненийĕсемпе ытти тĕрлĕ çыру ĕçĕсем содержани енчен те, чĕлхе енчен те пахарах пулаççĕ.

Пирĕн шутпа, çак меслетпе ĕçлекен учительсен опычĕпе районти педагогика кабинечĕсен, учительсен пĕлĕвне ÿстерес енĕçе ĕçлекен институтăн литературăна вĕрентекен пур учительсене те анлăн паллаштармалла.

Е. ВЛАДИМИРОВ.
Педагогика наукисен кандидачĕ.

# Сортоучасток совечĕн ларăвĕ

ЭЛЕК. Çак кунсенче государствăн районти сортоучасток совечĕн ларăвĕ пулса иртрĕ. Ларăва колхоз председателĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем пухăнчĕç. Вĕсем тырпул сорчĕсене сăнаса пынин 1955 çулхи итогĕ çинчен сортоучасток агрономĕ Судеркин юлташ тунă доклада сÿтсе яврĕç.

Агроном С. Ильин юлташ сортоучастока колхоз ученăйĕ Т. С. Мальцев меслечĕпе ĕçлес енĕпе нимĕн те туманшăн, колхозсенче виççĕмĕш çул кукуруза акса тăваççĕ пулин те, пирĕн условире кукурузăн хăш сорчĕ тухăçлăрах пулнине сăнаса пăхманшăн критиклерĕ.

Сортоучастокра виçĕ агроном ĕçлет пулин те, вĕсем юнашар «Молния» тата Чкалов ячĕпе тăракан колхозсенче агрокружоксем организацилеме пулăшмаççĕ.

— Пирĕн колхозăн сĕрĕ питĕ чухăн,—терĕ «Дружба» колхоз председателĕ Д. Карпов юлташ.—Çапла пулин те эпир çулсеренех кашни гектартан 16-шар центнертан кая мар пăри пухса илетпĕр. Пирĕн çĕрсем çинче сĕлĕпе пăрса та япăх ÿсмест. Çак культурăсене иккĕшне хутăш акса çитĕнтерсен пысăк тухăçлă ÿсет, выльăх апачĕ те сахал мар пулать, вĕсене тăшĕленĕ хыççăн уйăрма та кăткăс мар. Сортоучасток çак культурăсем енĕпе сăнав туни хуçалăха пысăк усă панă пулĕччĕ.

Сортоучасток совечĕ малашнехи ĕçсене лайăхлатма тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

А. ОРЛОВ.

# Асран кайми кунсем çинчен ÿкернĕ кинофильм

Кинопрокатăн республикăри кантурĕ историлле-документла «1905 çул» ятлă кинофильм илсе килчĕ. Çак кинофильма халĕ республикăри экрансем çинче кăтартаççĕ. Унта халăхсен тĕрмийĕ пулса тăнă патша самодержавине хирĕç рабочи класс паттăрăн кĕрешнине кăтартса панă.

«1905 çул» кинофильм авторĕсем—писатель Л. Никулин, режиссер С. Бубрик, оператор Е. Ефимов. Вĕсем ку кинофильма туса хатĕрленĕ май кинематографи материалĕсемпе тата тĕрлĕ документсемпе, илемлĕ кинофильмсенчи уйрăм кадрсемпе, живописпе скульптура произведенийĕсемпе, çавăн пекех 1905 çулхи революцие (январьпе декабрь уйăхĕсенче) хутшăннисем каласа панисемпе усă курнă. Музыкăна йĕркелекенĕ—Н. Иванов-Радкевич композитор.

«1905 çул» кинофильма вырăссен пĕрремĕш революцийĕ пулнăранпа 50 çул çитнĕ ятпа кăларнă.

В. ВИШНЕВ.

## К ĕ с к е н

Колхозниксем валли — лекци. Тăвай районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра колхозниксем валли час-часах лекцисем ирттереççĕ. Нумаях та пулмасть çичĕ çул вĕренмелли шкулта ĕçлекен М. Афанасьева учительница чăвашсем 1905—1907 çулсенчи революцие хутшăнни çинчен лекци вуларĕ.

# Предприятисен руководителĕсем шкулсене пулăшмаççĕ

Куславкка районĕн промышленность предприятийĕсем 16. Анчах вĕсенчен пĕри те шкулсене мастерскойсем тума кирлĕ пек пулăшман, ахаль выртакан оборудованипе инструментсем уйăрса паман. Ку тĕлĕшпе çуртсем тăвакан завод пуçарулăрах пулмалла пек. Завод склачĕсенче, сăмахран, тĕрлĕрен сверильнăй, токарнăй, фрезернăй станоксем, хăйрасем тата ытти тĕрлĕ инструментсем нумай. Çав япаласем халĕ пысăк производство требованийĕсене тивĕçтермеççĕ, çавăнпа заводра вĕсемпе усă курмаççĕ.

Куславккари 2-мĕш вăтам шкул директорĕ Смирнов юлташ вĕренÿ çулĕ пуçлансанах çуртсем тăвакан завода темиçе хутчен кайса каласнă. Анчах çÿрени кăлăхах пулнă: ĕç хутсем çырса ларнинчен малалла каймасть-ха.

М. АЛЕКСАНДРОВ.

# Чăн сăмахăн суйи çук

(Капкăн блокнотĕнчен)

*Шăпах çак кунсенче манăн таçта аякра мар, Шупашкарти пир-авăр комбиначĕнче пулма тÿр килчĕ.*

*Мĕн каласси пур? Лайăх комбинат, хÿхĕм предприяти! Хĕрÿ ĕç çĕрĕн-кунĕн вĕресе тăнине, паллă ткачихăсемпе прядильщицăсем, новаторсемпе рационализаторсем, тĕрлĕрен специалистсем пысăк хастарлăхпа ĕçленине куратăн та, чун савăнать, кăмăл тулать. Вĕсене курса вĕçĕ-хĕррисĕр савăнмалла, анчах çав ырă ĕçе каялла туртса пыракан хăшпĕр кăлтăксене асăрханипе манăн кăмăлăм хуçăлчĕ. Эпĕ вара, хамăн профессилле йăлапа, ĕçре чăрмав кÿрекенсене хĕскĕч хушшине лектерес терĕм. Ку хутĕнче сире эпĕ çав кăлтăксемпе чăрмавсем камран тата мĕнрен килнине кĕскен пĕлтерме шутларăм.*

*Капкăн.*

## Малтанхи мăкăльсем

Пир-авăр комбиначĕн территорине пырса кĕрсен, кирек кам та малтан çăмăллăн сывлăш çавăрса илет: пысăк та çÿлĕ корпуссем, пĕр евĕрлĕн те хаваслăн кĕрлесе илтĕнекен хĕрÿ ĕç шавĕ, ĕçе тиртерлĕ те лайăх тăвассишĕн çунакан çынсем вăр-вар çÿрени—çаксем пурте тин кăна пынă çыннăн кăмăлне тыткăна илеççĕ, чунĕрине хавхалантараççĕ. Вара пĕр самантлăха кирек кам та урайĕнчи юр кăчăртатни, пит-куçа хĕллехи хаяр сивĕ çатăрах чĕнĕтни çинчен те манса каять, хăй умĕнчи çуртсемпе комбинат картишĕнчи япаласем çине тинкерех пăхма тытăнать.

Çип арлакан фабрикăн корпусĕ еннелле çывхарнăçем Эсир хăвăртан сулахай енче чусран çапса тунă пысăк хăпха пек сооружени куратăр. Ку—комбинатăн Хисеп хăми иккен. Мĕн çырнă-ши унта? Эсир пăхма, вулама пуçларăр. Ах, кăна пĕлнĕ пулсан, вулама кирлĕ те пулман мĕн! Сирĕн çан-çурăм пĕр тăруках сÿлетсе каять, эсир пăлханма тытăнатăр, кăмăл хуçăлать. Мĕнле-ха апла? Çакăн пек паллă предприятире халĕ те иртнĕ çулхи Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртупа пурăнаççĕ-ши? Неушлĕ социализмла ăмăрту обязательствисене çĕнетме вăхăт тупайман? Çĕнĕ çул умĕн ĕçре чапа тухнă çынсен хушамачĕсем те çук. Пулман-ши вара вĕсем?

Эсир малалла утатăр. Çула май сирĕн куçа комбинат столовăйĕнчен кăларса пăрахнă пушă катка-пичкесемпе кĕленчесем, йĕркесĕр саналаса тăкнă вутă пуленкисем, чăптасем курăнаççĕ, унтах лаша валли хатĕрленĕ утă купи пур. Малалла кайсан вара, темле уйрăмах паларакан шурă та çÿлĕ мĕлкесене асăрхатăр. Мĕнле япаласем-ши вĕсем? А-а, хаçат витринисем иккен. Пĕр икĕ эрне каярах вăйлă çил-тăман пулчĕ те, унтанпа вĕсене юр айĕнчен чавса кăларма ниепле те вăхăт тупайман. Халĕ вĕсем бал-маскарада хатĕрленнĕ пекех шурăн курăнса тăраççĕ. Çĕнĕ хаçатсем çакмаççĕ те иккен. Пĕр витрини çинче кăна пĕлтĕрхи ноябрĕн 23-мĕшĕнче тухнă «Правда» хаçатăн номерĕ пур, теприн çине вара декабрĕн 30-мĕшĕнче парти пухăвĕ пуласси çинчен калакан пĕлтерÿ çыпăçтарса хунă.

Çăнах та, çаксем кăна пулас пулсан, ытлашши пăшăрханмаллиех те çукчĕ ĕнтĕ. «Мĕнех вара? Астусах çитереймен юлташсем», — тесе шухăшлама пулатчĕ. Анчах питĕ шел: кусем малтанхи мăкăльсем кăна пулнă иккен...

## Кăкламан кăлтăксем

Никам та мар, пуринчен ытларах рационализаципе изобретени бюровĕн начальникĕ Павел Афанасьевич Глушаченков рационализацилле сĕнÿсем комбината нумай усă кÿни çинчен каласма юратать.

— Çав сĕнÿсене пула эпир 459 пин тенкĕ перекетлерĕмĕр! Шухăшлаççĕ пирĕн рабочисем, ырă сĕнÿсем параççĕ, — сăмаха юхтарать вăл.



Хирĕçлес-тăвас кăмăл çук. Иртнĕ çулта кăна комбинатра 62 рационализацилле сĕнÿ йышăннă, производствăра усă курма пуçланă. Сортировочно-трепальнăй цехри Соловьев мастер тунă станок, сăмахран, пĕлтĕр 11 пин тенкĕ перекетлеме май панă, ĕç тухăçлăхне ÿстернĕ.

Çапах та рационализацилле сĕнÿсене вăхăтра пăхса тухса йышăнасси комбинатра чăтма çук вăраххăн пырать.

— Ку енĕпе ĕçлес кăмăл та пĕтрĕ ĕнтĕ,—тарăхса каласа парать пир тĕртекен виççĕмĕш цехра ĕçлекен мастер Л. Ефимов.—Эпĕ иртнĕ çулхи апрель уйăхĕнчех икĕ сĕнÿ тăратнăччĕ. Пурте ырларĕç, ĕçе перекетлеме пулăшать, терĕç. Кайран вара йăлтах манса кайрĕç, халĕ те çак сĕнÿсем Глушаченков сĕтелĕ ăшĕнчех выртаççĕ.

Ремонт тăвакан цехри мастер А. Венедиктов юлташ ĕçлесе юрăхсăра тухнă хĕçсене сыпса юсас тĕлĕшпе октябрь уйăхĕнчех паха сĕнÿ панă пулнă. Ана та рационализаци тĕлĕшпе ĕçлекен инженерсемпе техниксем ку таранччен те тивĕçлипе пăхса тухса татса паман.

Тепĕр чухне тата рационализацилле сĕнĕве йышăнсан та производствăра унпа усă курмаççĕ, çапла вара ĕçри тăкаксене чакарасси чăрмăнса тăрать. Ремонт тăвакан мастерскойра ĕçлекен А. Файфер юлташ иртнĕ çул пуçламăшĕнчех çип татмалли хачă шухăшласа кăларнă. Унтанпа вăл ăна виçĕ хутчен тÿрлетсе сĕнетнĕ. Ку хачă пир тĕртекенсен ĕçĕнче пысăк усă кÿни çинчен халĕ те тăтăшах каласаççĕ. Вăл продукцие браксăр кăларма нумай пулăшать. Çапах та çак изобретенипе паянхи куна пĕр станок çинче кăна усă кураççĕ.

— Юлашки вăхăтра рационализацилле сĕнÿсем сахалтарах килеççĕ,—пăшăрханнă пек каласать халĕ П. А. Глушаченков, — Тем пирки вăл, хам та пĕлейместĕп...

Çĕннишĕн сул усă пулмалла: ку таранччен кăкламан кăлтăксене тĕпĕ-йĕрĕпех кăклас пулать.

## Чĕлхен шăмми çук

— Мĕнле сăрт-ши ку? Еплеха тÿп-тÿрем вырăнтах çавăн пек чăнкă та çÿлĕ ту ÿссе ларма пултарнă?—пуçа хыçкаласах тĕлĕнĕр эсир пир-авăрта брак пуррине тĕрĕслекен цеха кĕрсен.

Ан тĕлĕнĕр. Ку вăл нимĕнле ту-сăрт та мар, пир тĕртекен фабрикăра кашни кунах сехетпе мар, минутшарăн ÿссе пыракан начар сортлă продукци купи пулать. Пир тĕркисене салатса пăхсан, эсир лаптăкĕ-лаптăкĕпе машина çавĕ е пылчăк тивнĕ вырăнсене, унтах тутăх тĕслĕ çип е йĕкĕр çип кĕрсе кайнине, чалăш-чĕлĕш тĕртнĕ тăрăхсене пайтах куратăр.

Çĕршыври ытти фабрикăсемпе комбинатсенче 98—99 процент таран паха сортлă пир тĕртсе кăлараççĕ пулсан, Шупашкарти пир-авăр фабрикинче аран-аран кăна 94 процента çитерсе пыраççĕ. Кунти хăшпĕр пуçлăхсем вара çакна йĕркеллĕ, вăхăтлă, начар мар тесе, хăйсен мăнкăмăллă чунĕсене лăплантарма пикенеççĕ.

Пит инçех каймăпăр: декабрь уйăхĕнчи 23 кун хушшинче кăна пир-авăр фабрикинче 201.830 метр япăх сортлă пир тĕртсе кăларнă. Çĕнĕ çулта та çĕнĕ ситенÿсем туни курăнсах каймасть, кашни станок пуçнех вăтамран талăкра 100—150 метра яхăн начар продукци тухать.

— Опыт сахал. Пир тĕртекенсемпе мастер помощникĕсем çамрăк пирĕн. Эпир айăплă мар,—теççĕ цех начальникĕсемпе инструкторсем.

Ан ĕненĕрех вĕсене! Ĕçре культура çукки, типтерлĕ пулманни станок умĕнче ĕçлекенсенчен кăна мар, кабинетран тухмасăр сĕтел хушшинче тĕлĕрсе ларакан, мастерсенчен, инструкторсемпе цех начальникĕсенчен те нумай килет. Цехра ĕçлекенсем патĕнче сахал пулаççĕ вĕсем, станоксем мамăк вĕçсе тулнипе курăнмиех пулнине, станоксем сывăхĕнче пылчăк, тусан, тĕрлĕрен япăр-тапăр япаласем тулса ларнине тухса та курмаççĕ, ĕçе вăхăтра йÿнестерес тесе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Ытларах çырса лараççĕ вĕсем, лайăх сортлă пир нумайрах туса кăлармалла тесе çĕрĕн-кунĕн юмах ярассĕ, канашлу хыççăн канашлу ирттереççĕ.

Чĕлхен шăмми çук, теççĕ. Чĕлхепе тем каласма та пулать, анчах сăмах çаптарса кăна ларни çителĕксĕррине, пир тĕртекенсем патĕнче ытларах пулмаллине, вĕсене ĕçлеме вĕрентмеллине тата кирлĕ кăтартусем вăхăтра памаллине манма юрамасть вĕсен, Асра тытмалла!

## Армансăрах çăнăх пулать

— Асăрханăр, Капкăн тус, тăваттăмĕш цех начальникĕ Рассказов юлташ критикăна чăтма пултараймасть. Меллĕрех пуплĕр, — асăрхаттарчĕç мана пир-авăр фабрикинчи тусcем.

Вĕсен сăмахĕсене хамăн хăлхана чиксе, эпĕ цех начальникĕн кабинетне пырса кĕтĕм.

— Мĕнле-ха, Петр Иванович, кăçал вунă кун хушшинчех сирĕн цех 30 пин метр начар пир тĕртсе кăларнă? — ыйтрăмăр унтан.

— Мĕ-ĕн?—ÿсĕрсе илчĕ Рассказов. — Пулма пултараймасть! Кам шутласа пачĕ ăна сире?

— Тавара тĕрĕслекен цехрисем каларĕç.

— Шÿтлеççĕ, ан ĕненĕр вĕсене!.. Эпĕ ак вĕсене кăтартăп... — Петр Иванович ура çине вăртах сиксе тăчĕ.—Пулма пултараймасть!

—Ара, хам куçпах куртăм-çке...

— Хăвăр куçăрпах?! Улталаççĕ вĕсем сире. Ман сăмахсене кăна ĕненĕр: апла мар, пĕр виçĕ пинĕ пулма пултарать.

Цех кашни кун миçе метр брак кăларнине çырса хунă блокнота курсан тин Петр Иванович лăпланчĕ.

— Э-э, вăл нумай та марçке! Эп пи-итĕ нумай пулĕ тесе хăранăччĕ, — терĕ вăл. — Тĕрĕссипе каласан, эпĕ айăплă мар кунта. Манăн инструкторсем, мастерсем пур. Мастер помощникĕсемпе пир тĕртекенсем мĕнле ĕçленине вĕсен тĕрĕслесе тăмалла.

Петр Иванович пирус чĕртсе ячĕ те мăкăрлантарма пуçларĕ.

Эпĕ унпа чылайччен каласса лартăм. Вăл мана ĕç хатĕрĕсем çитменни, ткачихăсем çине тăрса ĕçлеменни çинчен каларĕ, анчах та темшĕн хăйĕн организаторла шăнăрĕ вăйсăртарахххи пирки пĕртте шарласшăн пулмарĕ. Эпĕ хăй патĕнчен тухнă чухне те вăл пасăрхи пекех сĕтел хушшинче чавсаланса ларса юлчĕ.

Тăваттăмĕш цехра кăна мар, виççĕмĕш цехра та ĕçсем начар пыраççĕ. Ку цех иртнĕ çулта виçĕ уйăх хушши куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава хăйĕн аллинче тытнă, кайран вара вĕсем лăпланнă. Хальхи вăхăтра плана тултарас тĕлĕшпе те, продукци пахалăхĕ енĕпе те виççĕмĕш цех тăваттăмĕшпе пĕр хÿререх çапкаланса пырать.

## Пуш параппана çапаççĕ

Малта пыракан опыта сарасси пирки те пир-авăр комбиначĕнче çĕрĕн-кунĕнех шавлаççĕ. Пĕр уйăх мар, сур çул ытла ĕнтĕ кунта Ташкентри пир-авăр комбиначĕнчи паллă ткачиха Ярыгина меслечĕпе ĕçлесси пирки, Мускаври шарикоподшипник тăвакан заводри комсомолецсем ĕçе контроллесе тăрассине хăйсем çине илни пирки, çак пуçарăва кунти комбинатра та тимлесех пурнăçласа пырасси пирки шăв-шав пырать. Кашни кунах пухусем, канашлусемпе ларусем пулаççĕ, сăмаха пĕр вĕçĕмсĕр çаптараççĕ, решени хыççăн решени йышăнаççĕ. Вара протоколсене çĕлесе хураççĕ те ĕç çаплипех юлать.

«Вăт йĕксĕк Капкăнĕ, хакламасть вĕт пирĕн ĕçе?» — ятласма пикенĕç комбинатри хăшпĕр руководительсем. Кун пек чухне вĕсем каллех вара комбинатра техника кабинечĕсем пурри, инструкторсемпе мастерсем, кадрсен квалификацине ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен специалистсем тăрăшни çинчен каласма пикенĕç. Анчах çапах та малта пыракансен опытне сарасси халлĕхе станоксем патне çитеймест, нумай ткачихăсем вĕсемпе ĕçре усă курмаççĕ, паха меслетсене ĕçе кĕртес, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тенисем вара мастерсемпе инструкторсен, ытти специалистсемпе ертсе пыракан кадрсен чĕлхи вĕçĕнче кăна юлаççĕ.

Ĕç мĕншĕн капла пулни паллă. Ку пĕтĕмпех рабочисен квалификацине ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен специалистсем çип арлакансемпе тата пир тĕртекенсемпе таччăн çыхăнса ĕçлеменнинчен килет. Вĕсем ниепле те ăнланасшăн мар вĕт-ха çавна!

Пир-авăр комбиначĕнче хастарлă ĕçлекен çынсем сахал мар. Çип арлакан С. Федорова, Р. Малинина, пир тĕртекен И. Веспалова, Е. Шмидт, Л. Крылова, мастер помощникĕсем Коротков, Гуськов, Сетдыков тата ытти юлташсем те ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Ун пеккисем кунта çĕршерĕн шутланаççĕ. Çапах та вĕсен опытне ыттисене вĕрентсе пыни комбинатра çителĕксĕр палăрать.

— Ĕçлетпĕр-çке! — тет, сăмахран, пир тĕртекен фабрикăри техкабинетра ĕçлекен методистка А. Соленова юлташ.—Начартарах ĕçлекен ткачихăсем çумне лайăхраххисене çирĕплетрĕмĕр. Урăх мĕн кирлĕ-ха тата?

Кирли пурах мĕн. Рабочисен квалификацине ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекенсен, методистсен, цех начальникĕсемпе инструкторсен, мастерсен, пухусемпе занятисенче калаçнисĕр пуçне, хăйсем мĕн вĕрентнине практикăлла ĕçре тĕрĕслени, çине тăрса пулăшса пыни кирлĕ. Анчах çав пулăшу халлĕхе сăмах вĕççĕн, решенисемпе протоколсем çинче кăна çÿрет-ха.

Туман тихан пилĕкне хуçас марччĕ... Туман ĕçе турăмăр тесе калани пушă параппана çапни çеç пулать.

## Выртан каска мăкланать

Комбинатри ĕç хатĕрĕсене, станоксемпе тĕрлĕрен оборудование упрасси мĕншĕн япăххине комбинатăн главнăй механикĕ Ю. Равер юлташран лайăх пĕлекенни никам та çук пулĕ. Ара, çаплах ĕнтĕ. Ахальтен мар вăл кунти мĕнпур машинăсемпе ĕç хатĕрĕсемшĕн ответлă çын шутланать.

— Кунти механизмсем йăлтах мана пăхăнаççĕ, мана итлеççĕ,—мухтанкалать вăл тепĕр чухне.—Вĕсемпе хам мĕн тăвас тетĕп, çавна тăватăп...

Тĕрĕсех калать пулмалла Равер: чăнах та, вăл хăй мĕн тăвас тет, çапла пулса пырать. Сăмахран, акă, главнăй механик пайĕ вырнаçнă çуртпа юнашарах, чугун çул сумĕнче, отделочнăй фабрика валли кÿрсе килнĕ çĕнĕ оборудовани выртать. Темиçе миллион тенкĕ тăракан оборудовани! Мĕн тăвăн-ха, Равер хушнине итлесех çав оборудовани юр айĕнчен тухаймасть, халĕ ĕнтĕ тутăхпа витĕнме те ĕлкĕрнĕ.

Ку çеç те мар-ха. Пир тĕртекен цехăн корпусĕнче икĕ çула яхăн хĕç çыхмалли станок ларать. Вăл та темиçе пин тенкĕ тăрать. Çапах та ăна ĕçе ярасси пирки шухăшламаççĕ те. Комбинатра хĕçсем çитменнине пула ĕç чылай чухне чарăна-чарăна тăни пуриншĕн те паллă. Çавăн пекех зарряднăй станцире те пилĕк электрокар иртнĕ çулхи август уйăхĕнчен вара ĕçшĕн «тунсăхласа» выртаççĕ.



— Оборудовани мĕншĕн усăсăр выртать? — ыйтаççĕ комбинатра ĕçлекенсем.

— Пĕлместĕп. Темшĕн выртать, — пĕр шухăшлаçăрах ответлет Равер. — Урисем çук пулĕ, çавăнпа...

Оборудованин урисем çукки пирĕншĕн паллă-ха. Анчах главнăй механик пайĕнче ĕçлекен юлташсен куçĕсемпе чунĕсем çуккине эпир ку вăхăтчен пĕлменччĕ.

Каска кăна мар, хаклă оборудовани те темиçешер уйăх пĕр усăсăр выртсан мăкланма пултарать.

# Тĕнчери лару-тăру

## ФРАНЦИРИ СУЙЛАВ ХЫÇÇĂН

Францири Коммунистсен партийĕ Наци пухăвĕн суйлавĕнче пысăк çитĕнӳ тунине тĕнчери пĕтĕм прогрессивлă общественность питĕ кăмăлласă, ырласа кĕтсе илчĕ. Суйлав результачĕсем çинчен демократилле хаçатсем çырса кăларакан нумай статьясенче Франци халăхĕн йышлă массисем мирпе социальнăй прогресшăн ытларах та ытларах тăрăшнине палăртаççĕ. Çак тĕллеве пурнăçлассишĕн кĕрешме хавхалантаракан̆ĕ вăл—Коммунистсен партийĕ.

Халĕ Францире пур çĕрте те коммунистсепе, социалистсене, радикалсене тата парламентăн сулахайри ытти ушкăнĕсене хутшăнтарса Халăх фрончĕн правительстви туса хурассишĕн пыракан юхăм анлă саралнă. Çак юхăма Франци халăхĕн чи йышлă сийĕсем хутшăнаççĕ. Ĕççыннисем пуçарнипе çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче Халăх фрончĕн вырăнти комитечĕсене туса хураççĕ.

Паллă ĕнтĕ, суйлав хыççăнах Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ социалистсемпе радикал-социалистсен партийĕсен лидерĕсене пĕрле ĕçлеме, Наци пухăвĕнче сулахайрисен ытларахăшне туса хума, Франци халăхĕн интересĕсене тивĕçтерекен килĕшӳ тума сĕннĕ. Анчах та çак партисен—«республика фрончĕ» тенĕскерĕнче тăракан партисен лидерĕсем, хăйсем коммунист-депутатсен сассисене сирсе пăрахма шутламанни çинчен пĕлтернĕ пулсан та, коммунистсен сĕнĕвне йышăнман. Çав вăхăтрах вĕсем, суйлавçăсен кăмăлне ирĕксĕрех шута илме тивнĕ пирки, хăйсем сылтăмри партисемпе те блок тăвас çукки çинчен пĕлтернĕ.

«Республика фрончĕ» çĕнĕ правительство туса йĕркелес ĕçе хăй çине илме хатĕр тăни çинчен пĕлтернине Францири хаçатсем шансах кайман. Чăнах та ĕнтĕ, парламентра хăйĕн депутачĕсем пуринчен те йышлăрах пулман пирки çак ушкăн ытти партисем пулăшнипе çеç влаçа хăй аллинче тытса тăма пултарать. Вăл коммунистсемпе килĕшӳ тумасан, унăн пĕр çул—сылтăмри партисемпе пĕр кавар тумалли çул кăна юлать.

Сылтăмри партисем демократилле вăйсене пĕрлештерме парас мар тесе пур майсемпе те тăрăшаççĕ. Çапла, сăмахран, католикла парти—МРП лидерĕсем пĕлтернĕ тăрăх, çĕнĕ правительствăна социалистсем туса хурас пулсан, çак парти ăна пулăшнă пулĕччĕ. Халăх фронтĕнчен вутçулăмран хăранă пекех хăракан реакцилле ытти партисем те тĕрлĕ йышши маневрсем тăваççĕ.

Çак вăхăтрах çĕршывра Халăх фрончĕн правительстви туса хума вăйлăрах та вăйлăрах требовани лартаççĕ. Чылай департаментсенче социалистсем халăхăн çак требованийĕсене ырласа хӳтĕлеççĕ. Социалистсен партийĕн Жиронда департаментĕнчи федерацийĕн конференцийĕнче делегатсен ытларахăшĕ социалистсем МРП-па тата сылтăмри ытти партисемпе союз тăвассине хирĕç сасăланă, çавăн пекех программа-минимумшăн тăни çинчен пĕлтернĕ. Çак программăра Алжирти вăрçа чарса лартма, миршĕн, ĕç укçине ӳстерессишĕн, налог системине улăштарассишĕн тата вĕрентĕвĕн гражданла, тĕнпе çыхăнман системине туса хурассишĕн кĕрешме палăртнă. Воклюз департаментĕнче коммунистсемпе социалистсен партийĕсен вырăнти федерацийĕсен руководителĕсем тĕл пулса калаçнă. Калаçу вăхăтĕнче вĕсем Халăх фрончĕн правительстви туса хурас ыйту тĕлĕшпе пĕр шухăшлă пулни палăрнă. Нумай социалистсем-коммунăсен мэрĕсем çавăн пек правительство туса хурассишĕн тăраççĕ. Социалистсен партийĕн рядовой членĕсем уншăн тăни вара каламасăрах паллă. Çавăн пек требованисем лартса ĕççыннисем президент патне çырусем нумай яраççĕ.

Çĕнĕ Наци пухăвĕ январĕн 19-мĕшĕнче уçăлать. Хальхи Э. Фор правительствине парламент шанмасть, çавăнпа та ку правительство вырăнтан тухать, çĕнĕ правительствăна вырăн парать. Франци халăхĕн йышлă массисем çакăншăн тăраççĕ: иртнĕ вăхăтри правительствăсем Францин чăн-чăн интересĕсемпе килĕшсе тăракан политика тытса пымарĕç, çĕнĕ правительство вĕсем пек пулмалла мар, теççĕ.

Франци халăхĕ çакна лайăххрах та лайăххрах ăнланса пырать: влаçра Халăх фрончĕн правительстви тăрсан çеç мир пулма, çĕршыв валли хăрушсăрлăх тума, малалла аталанса пыма пулать. Францире çак тĕллеве пурнăçлассишĕн пуçланнă юхăм ытларах та ытларах вăйланни халăх ăнланăвĕ ӳснине уççăн кăтартса парать.

Паллах ĕнтĕ, Францире пулса тăнă лару-тăру Франци хăйсен Çурçĕр Атлантика блокĕнчи шанчăклă, мĕн хушнине итлекен союзникĕ пулса юлтăр тесе тăрăшакансен кăмăлне каймасть. Ахальтен мар ĕнтĕ Американи «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат çапла çырать: «Францири суйлав результачĕсем, вĕсене Франци аллинчи Çурçĕр Марокăра нумаях пулмасть пулса иртнĕ событисемпе пĕрле илсен, Çурçĕр Атлантика союзĕн Европăри оборона структурине пикĕсĕсем таранах кисретеççĕ», «Хĕвеланăçĕн Европа тĕлĕшĕнчи стратегине пур енĕпе те çĕнĕрен пăхса тухас пулать», тет.

Вашингтонра Франције «пулăшса» пĕр усăсăр расходланă» 10 миллиард долларшăн пăшăрханаççĕ, Франције хĕвеланăçĕнчи «вичĕ аслă держава» шутĕнчен кăларассипе юнаса хăратма пăхаççĕ, Францире пулса тăнă лару-тăрăва улăштарас тесе, Франције çав-çавах хĕсеççĕ. Анчах та, ку тĕлĕшпе вĕсем кирек мĕн хăтлансан та, юлашки, татăклă сăмаха Франци халăхĕ калĕ.

## АФРИКĂРИ ПЫСĂК СОБЫТИ

1956 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче Хартумра Судан никама пăхăнман республика пулса тăни çинчен официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ.

Судан çур ĕмĕр ытла Англи колонийĕ пулнă. Колонизаторсем çак çĕршыва пĕр хĕрхенмесĕр çаратнă, унăн халăхне эксплуатациленĕ, наци экономикипе культурине аталантарас ĕçе чарса тăнă. Кунта Англи губернаторĕ аслă власть тата законсем кăларакан власть шутланнă, вăл Суданăн хуçи пулнă. Суданра 9 миллион çын пурăнать, унăн территорийĕ Англи территорийĕнчен 10 хут пысăкрах.

Хăйĕн колонизаторла ĕçĕсене Англи Египет ячĕпе витĕнсе туса пынă. 1899 çулта Англипе Египет кондоминимум çинчен, урăхла каласан, Судана пĕрле тытса тăрасси çинчен килĕшӳ тунă пулнă. Анчах Египет хăй те Англи аллинче тăнă, çавăнпа та ĕнтĕ çавăн пек йĕрке туни вăл ултавлă ĕç пулнă. Судан халăхĕ хăйĕн ирĕклĕхĕшĕн нумайранпа кĕрешнĕ. Кĕрешӳ йывăр условисенче пулса пынă. Çак кĕрешӳ иккĕмĕш тĕнче вăрçи хыççăн, империализмăн колонилле системи арканса кайма пуçланă вăхăтра уйрăмах вăйланнă.

1951 çулта Египет правительстви, халăх массисен требованийĕсене шута илсе, Англипе Египет 1936 çулта тунă договора пăрахăçа кăларнă. Çав договор тăрăх Египетра Англи хăйĕн çарĕсене тытса тăнă. Çавăн пекех тата Судана пĕрле тытса тăрасси çинчен тунă килĕшĕве те пăрахăçланă. Çакă вăл Суданри наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешĕве тата ытларах вăйлатнă. Суданри общественноçăн анлă сийĕсем Англи çарĕсене çĕршывран илсе кайма тата çĕршыва никама пăхăнманлăх пама çине-çинех требовани лартнă. 1953 çулта Англин Египетпа килĕшӳ тума тивнĕ, ун тăрăх тепĕр виçĕ çултан Судан парламентне çĕршывăн статучĕ пирки тăракан ыйтăва татса пама право панă.

Çапла вара Судан никама пăхăнман çĕршыв пулса тăчĕ. Африка континентĕнче çĕнĕ республика пулса тăнине Совет правительстви хĕрӳллĕн ырларĕ тата Судан халăхне çĕршывăн государство суверенитетне тĕреклетес, наци экономикипе культурине аталантарас ĕçре çитĕнӳсем тума ыра сунчĕ. Н. А. Булганин Судан премьер-министрĕ Исмаил Аль-Азхари патне ятлă телеграммăра çапла каланă:

«Совет правительстви çакна ĕненсе тăрать: Судан никама пăхăнман çĕршыв пулса тăни çинчен пĕлтерни, çавăн пекех ССР Союзĕпе Судан хушшинче дипломатилле çыхăнусем тытмалла туни тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине аталантарма, пĕтĕмĕшле мире тата халăхсем хушшинчи туслăха тĕреклетме пулăшĕ».

Африкăри, Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем, ытти çĕршывсенчи халăхсем пекех, Судан правительстви тунă заявление хавхаланса кĕтсе илчĕç. Вăл çапла пĕлтерчĕ: Судан хăйĕн суверенитетне хӳтĕлесе тăрĕ, нимĕнле пакт çумне те пĕрлешмĕ, унăн тулашри политики «хăйсене пактсем çумне хутшăннипе çыхăнтарман Египет тата ытти араб çĕршывĕсен политикипе пĕр пек пулĕ», терĕ.

Никама пăхăнмăн Судан туса хупи империализмăн колонилле системине çĕнĕрен пырса çапни пулчĕ. Колонилле система юлашкинчен пурпĕрех пĕтсе лармалла. Çак системăран Азири аслă державăсем—Китай, Инди тата Азири ытти чылай çĕршывсем тухрĕç. Халĕ ĕнтĕ çак ĕç Африка континентĕнче сарăлса пырать. Ăна империализмла державăсем пур майсемпе те колониализм пусмăрĕнче тытса усрама тăрăшаççĕ.

Судан халăхĕ хăйĕн кун-çулне хăйĕн аллине илнĕ пирки империалистсем çав тери аптраса ӳкнĕ. Судан тĕслĕхĕ, паллах ĕнтĕ, Африкăри ытти çĕршывсене ирĕклĕхшĕн кĕрешме хавхалантарать, колонизаторсем хуçа пулса пурăннинчен хăтăлма çав çĕршывсенчи халăхсем çав тери хытă тăрăшаççĕ. Çакна шута илсе, империализмла державăсем çине тăрсах нацисен ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешĕвне путарса лартма, колонилле çĕршывсенче хуçа пулса пурăнассине, ĕмĕрлĕхех сыхласа хăварма хăтланаççĕ.

Колониализмăн çĕнĕ формисенчен пĕри вăл Багдадра тунă пакт пек çар пакчĕсем пулаççĕ. Уйрăм çĕршывсене çавăн пек пактсене кĕртсе, Хĕвеланăçĕнчи державăсем çав çĕршывсене хăйсене итлеттерессшĕн, хăйсене пăхăнса тăмалла тăвасшăн. Багдадра тунă пакта хутшăннă çĕршывсене — Турцие, Пакистана, Иранпа Иракка шăпах ĕнтĕ çавăн пек шăпа тивнĕ.

Империализмла державăсем Багдадра тунă çар пактне анлăлатса пырасшăн. Иордание çав пакта кĕртес тесе, ăна Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем мĕнле хĕсни паллă ĕнтĕ. Анчах Иордани халăхĕ çавăн пек хăтланнисене сирсе ячĕ, çар блокĕсене хутшăнассине хирĕç тăракан араб çĕршывĕсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерчĕ.

Иорданири ĕçсене арабсем тивĕçлипе хакларĕç. «Иордани халăхĕ,—тесе çырнă Египетра тухса тăракан «Аль-гумхурия» хаçат,—хăйĕн кĕрешĕвĕпе çакна кăтартса пачĕ: империализм араб халăхĕсене хăйне пăхăнтарса тăнă вăхăт ĕмĕрлĕхех иртсе кайрĕ. Халĕ халăхсем хăйсен кун-çулĕн хуçисем пулса тăрасшăн, хăйсене килĕшнĕ пек политика тытса пырасшăн».

Судан никама пăхăнман республика пулса тăни çинчен пĕлтерни, Иордание Багдадра тунă пакта хутшăнтарма хăтланни путланса ларни Азипе Африкăри халăхсем наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан кĕрешӳре тунă çĕнĕ çитĕнӳсем пулса тăраççĕ.

Д. БОЧАРОВ.

## «БХАРАТ ДАРШАН» ФИЛЬМ ИНДИРИ ЭКРАНСЕМ ÇИНЧЕ

ДЕЛИ, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Делири «Регал» кинотеатрта «Бхарат даршан» («Индие килсе курни») ятлă документальнăй, нумай тĕслĕ фильм кăтартма пуçланă.

Индири 14 кинооператор хутшăннипе ӳкернĕ «Бхарат даршан» фильм СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганинпа СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Членĕ Н. С. Хрущев Индире пулни çинчен каласа парать. Экран çинче Инди халăхĕ Совет Союзĕн государство деятелĕсене чун-чĕререн кăмăлласа йышăннипе, çав шутра Делири, Калькуттăри, Бомбейри тĕлпулусемпе калама çук пысăк митингсене кăтартакан сценăсем иртсе пыраççĕ. Фильм Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев юлташсем аслă Инди халăхĕн пурнăçĕпе тата ĕçĕсемпе, Индири çĕнĕ стройкăсемпе, предприятисемпе тата государство фермисемпе, Индин чаплă культурин çитĕнĕвĕсемпе паллашнине кăтартса парать. Вăл çак çĕршывăн çĕнĕ пурнăç тăвас ĕçри çитĕнĕвĕсемпе паллаштарать.

Фильма пĕррмĕш хут кăтартнă чухне кинотеатрта Инди правительствин членĕсем, Инди парламенчĕн депутачĕсем, Индири политикăлла тата обществăлла деятельсем, пичет представителĕсем, СССР посольствин тата дипломатилле ытти чылай представительствăсен сотрудникĕсем пулнă.

Паян фильма Делири, Калькуттăри, Бомбейри тата Индири ытти пысăк хуласенчи кинотеатрсенче кăтартма пуçлаççĕ.

## ПОЛЬША СПЕЦИАЛИСЧĔСЕМ АРАВИРИ ЧУГУН ÇУЛА ЮСАМА ХУТШĂНАÇÇĔ

ДАМАСК, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Польшăри «Сикор» компани Сири, Иордани тата Саудовски Арави урлă иртсе пыракан Хидджаз чугун çулне юсамалли техникăлла проект туса хатĕрлеме тытăннă. Чугун çулăн Дамаскпа Маан тата Мааипа Медина хушшинчи линийĕсене юсас тĕлĕшпе ĕçлеме пуçланă.

Январь вĕçĕнче Польшăн 20 специалисчĕ чугун çул юсас ĕçе хутшăнма Саудовски Аравие пырса çитеççĕ.

## ФРАНЦИН ЭКОНОМИКĂЛЛА МИССИЙĔ КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЕ КАЯС УМĔН

ПАРИЖ, январĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Пĕлекен çынсем каланă тăрăх, тесе пĕлтерет Франс Пресс агентстви, Франци экономика ыйтăвĕсемпе калаçма яракан миссии часах Китай Халăх Республикине пырать. Экономикăлла мисси Китай Халăх Республикине уйрăм çынсен ячĕпе каять, анчах унпа Франци правительстви «пĕтĕмпех килĕшет». Экономикăлла миссие Республика совечĕн экономика, таможня тата суту-илӳ килĕшĕвĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн председателĕ Рошеро ертсе пырать.

Францири пĕлекен çынсем хушшинче каланă тăрăх, Китай Халăх Республикине мисси ярассишĕн Франци предпринимательсен совечĕ хытă тăрăшнă.

## РЭДФОРД КĂНТĂР КОРЕЙĂРА ТУНĂ ЗАЯВЛЕНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Сеултан илнĕ хыпарсем кăтартнă тăрăх, тесе пĕлтерет Корейăри центральнăй телеграф агентстви, Кăнтăр Корейăна США çар министрĕ Бракерпа авиаци министрĕ Куорлс пырса кайнă хыççăн унта США штабĕсен начальникĕсен пĕрлештернĕ ушкăнĕн председателĕ Рэдфорд адмирал пулнă. Америкăн Инçет Хĕвелтухăçĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсен командующийĕпе Лемнитцерпа тата Америкăн 8-мĕш çарĕн командующийĕпе Уайтпа пĕрле Рэдфорд адмирал Америкăн Кăнтăр Корейăри çарĕсем тăракан вырăнсене пырса çӳренĕ, демаркаци линийĕ районĕнчи демилитаризациленĕ зонăна самолет çинчен пăхса тухнă.

Пăхса çӳренĕ хыççăн Рэдфорд Ли Сын Ман ушкăнне вăрçă пуçарма хĕтĕртекен заявленисем тунă. Кăнтăр Корейăн «национальнăй çарĕ» хыçĕнче «Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн çарĕсем тăраççĕ», тенĕ вăл, лисынмановецсене «нимĕнрен те хăраса тăмалла мар», тесе канаш панă. Рэдфорд каланă тăрăх, лисынмановецсен сывлăш-çар вăйĕсене ӳстернĕ май Пĕрлешӳллĕ Штатсем Кăнтăр Корейăна реактивлă самолетсем параççĕ. Çапла ĕнтĕ, Корейăри перемири çинчен тунă килĕшĕве Пĕрлешӳллĕ Штатсем сĕмсĕррĕн пăсни çинчен Рэдфорд уççăнах каласа панă.

Америкăн çар деятелĕсем Кăнтăр Корейăна час-часах пырса çӳрени тата вĕсем чăрсăрланса калакан сăмахсем, тет агентство, США-ри влаçра тăракан ушкăнсем Корея ыйтăвне мирлĕн татса парассине хирĕç сăтăрлă ĕçсем тунине кăтартса параççĕ.

## ВЕНГРИРЕ ÇĔР ЧĔТРЕНĔ

БУДАПЕШТ, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Январĕн 12-мĕшĕнче вырăнти вăхăтпа ирхине 7—9 сехетсенче Будапештра тата Венгрин нумай районĕсенче çĕр чĕтренĕ. Унăн вăйĕ 6 балл таран пулнă. Çĕр чĕтрени Будапешт хулипе Пешт облаçне пуринчен те ытларах сиен кӳнĕ.

Официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, çĕр чĕтренĕ вăхăтра 2 çын вилнĕ, 38 çын аманнă.

Çĕр чĕтренипе хĕн-хур тӳснĕ халăха область, хула, район тата ял Совечĕсем, государствăн ытти органĕсемпе пĕрле, пур енĕпе те пулăшаççĕ. Çĕр чĕтренĕ районсенче юсав ĕçĕсем пуçланнă.

Халиччен Венгрире çĕр 1925 çулта чĕтренĕ. Унăн эпицентрĕ Эгер хули районĕнче пулнă.

## Çĕнĕ çĕртен çыраççĕ...

Пирĕн республикăри чылай колхозниксен çемйисем çĕнĕ çĕре—Красноярск крайне тата Амур облаçне—куçса кайрĕç. Вĕсем унта Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн пĕтĕм вăйне хурса тăрăшаççĕ, хăйсен пурнăçне кунран-кун лайăхлатса пыраççĕ. Асăннă вырăнсенче усă курмасăр выртакан çĕрсем нумай, унта тухăçлă тырпул ӳстерме тата йышлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме пысăк майсем пур. Анчах çак ĕçсене йĕркелеме кунта ĕç вăйĕ, уйрăмах çынсем çитменни хытă чăрмантарать-ха. Çĕнĕ çĕре куçса кайнă колхозниксем кун çинчен хăйсен çырăвĕсенче уççăн каласа параççĕ.

Чăваш АССР-ĕнчи Вăрмар районĕнчен Хакас автономиллĕ облаçне куçса кайнă Мария Евсеева колхозница хăйĕн пурнăçĕ çинчен тĕплĕн çырса пĕлтерет. «Пирĕн артель,— тет вăл — 5.000 гектар çине тĕштырă акать. Çĕр нумай, анчах ĕçлеме çынсем çитмеççĕ-ха». Малалла М. Евсеева иртнĕ çулта ĕçкунĕсем тăрăх пурĕ 30 центнер ытла тĕштырă илни çинчен, ачисем ăста ĕçлени тата мĕнле вĕренни çинчен çырать. Унăн хĕрĕ Римма дояркăра ĕçлет. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл ĕнесенчен сĕт суса илмелли плана чылай иртт ерсе тултарнă, çакăншăн ăна ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх 4 центнер сĕт панă. Иртнĕ çулхи итогсем тăрăх Риммăна Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин кандидачĕ пулма çирĕплетнĕ. Ытти ачисем: Михаил—тракторист, Лена, Герман, Николай—шкулта вĕренеççĕ.

Елчĕк районĕнчи «Пахарь» колхозран Хакас автономиллĕ облаçне куçса кайнă Ф. Иванов колхозник çапла çырать: «Пирĕн колхоза пурĕ 10 пин гектар чухлĕ çĕр çирĕплетсе панă. Çав хисепрен 1.200 гектарне вăрмансем, 4.000 гектарне кĕтӳ çӳретмелли вырăнсем йышăнаççĕ, ытти çĕрсем çине тĕштырă акатпăр. Артелĕн ĕне, сысна тата тискер кайăксен фермисем пур. Каламасăрах паллă ĕнтĕ, уйхирти тата фермăсенчи ĕçсене тума пирĕн колхоза çынсем нумай кирлĕ. Эпир хамăр тăван республикăри колхозниксене пирĕн пата куçса килме чĕнетпĕр».

Ф. Иванов килйышĕ пуян пурăнать. Вăл хăйĕн хуçалăхĕнче пĕр ĕне, пĕр пăру, икĕ сысна тата хурсем усрать, кăçал «Москвич» сăмал автомашина тата радиоприемник туянма ĕмĕтленет. «Манăн 1954 çулхи тырă та кĕлете кĕреймерĕ,—çырать Ф. Иванов,—çавăнпа та эпĕ 10 центнер тырра колхоз кĕлетĕнчех хăвартăм. 1955 çулшăн каллех ĕçкунĕ пуçне 2,5-шер килограмм тĕштырă илтĕмĕр».

Герман Голубев колхозник, Чăваш АССР-ĕнчен çĕнĕ çĕре 1951 çулта куçса кайнăскер, республикăри колхозниксене Красноярск крайне пыма чĕнет. «Кунта пур енчен те лайăх,— тет вăл,—колхоз вăйланнăçемĕн колхозниксен пурнăçĕ те лайăхлансах пырать. Хальхи вăхăтра эпĕ икĕ ĕне, икĕ пăру тата чăх-чĕп нумай усратăп. 1954 çулта 1.200 ĕçкунĕ тунăччĕ, вĕсемшĕн 36 центнер тĕштырă илтĕм. Колхоз правленийĕ мана ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх 100 килограмм сысна ашĕ пачĕ. 1955 çулта аванс шучĕпе 11 центнер тĕштырă илтĕм».

Хакас автономиллĕ облаçĕнчи Ширински районти «Путь к коммунизму» колхоз членĕсем Чăваш АССР-ĕнчи колхозниксем патне ятарласа çыру çыраççĕ. Асăннă колхоз питĕ пуян, унăн çĕрĕсем аслă. Колхозниксем культурăллă пурăнаççĕ, вĕсен килĕсене радио тата электричество кĕртнĕ.

«Пирĕн колхоза 1.500 вăйпитти çын кирлĕ, халĕ 500 çын ытларах кăна,— теççĕ артель членĕсем.—Чăваш республикинчи колхозниксем пирĕн пата пурăнма килессе шанатпăр».

Чăваш республикинчи ĕççыннисем патне Красноярск крайĕнчи колхозниксем тата Молотов облаçĕнчи вăрман хуçалăхĕсенче ĕçлекен рабочисем те нумай çырусем яраççĕ. Вĕсем хăйсем тулăх пурăннипе палăртнипе пĕрлех, куçса пыракансене колхозсем çуртсем тата выльăх-чĕрлĕхсем пани çинчен пĕлтереççĕ.

Çĕнĕ çĕре куçса кайакансем валли лайăх условисем туса панă. Иккĕленмелли çук, çĕнĕ çĕре куçса кайма пирĕн республикăри колхозниксенчен чылайăшĕ кăмăл тăвĕ.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

## Çĕнĕ спектакльсем

Республикăри театрсем 1956 çула кĕнĕ хыççăнах çĕнĕ спектакльсем кăтартма пуçларĕç. Чăвашсен академи театрĕ, сăмахран, Чăваш АССР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕн Н. Айзманăн «Кай, кай Ивана» ятлă пьесине кăтартма тытăнчĕ. Халĕ театр коллективĕ М. Горькин «Мещенсем» ятлă классикăлла пьесине лартма хатĕрленет.

Республикăри вырăс драма театрĕ çĕнĕ çулта «Люська» тата «Несчастный случай» ятлă пьесăсене выляса кăтартма тытăнчĕ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## ЯПОНИ ХАЛĂХĔ АТОМЛĂ ТАТА ВОДОРОДЛĂ ХĔÇПĂШАЛА ЧАРСА ЛАРТМА ЫЙТАТЬ

ПЕКИН, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Японири радио пĕлтернĕ тăрăх, паян атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартассишĕн кĕрешекен Национальнăй совет секретарĕ Каору Ясуи заявлени тунă. Заявленире вăл, совет ĕçĕсем çинчен сăмах хускатса, çапла каласа панă: 1955 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне Японире атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартасси çинчен калакан требовани çине 33 миллион çын ытла алă пуснă. Атомлă бомбăсем пăрахнипе хĕн-хур тӳснĕ çынсене пулăшмалли фонда урăх çĕршывсенчен 14.500 пин иена укçа ярса панă. Çак укçан пĕр пайне атомлă бомбăсенчен инкек тӳснĕ çынсене панă.

Кăçал Национальнăй совет Лăпкă океан районĕнче атомлă тата водородлă хĕçпăшала сăваса пăхма чарассишĕн анлă кампани пуçлама, çавăн пекех Америкăн атомлă бомбăсем илсе çӳреме юрăхлă «В-57» йышши бомбардировщикĕсене Японие илсе пынине хирĕç протестлемелли юхăм организацилеме палăртать.

## ИОРДАНИРИ СОБЫТИСЕМ ÇИНЧЕН

БЕЙРУТ, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). «Аш-Шарк» хаçатра каланă тăрăх, Иордание Багдадра тунă пакта йышăнтарма хăтланнине хирĕç халăх демонстрацийĕсем пулса иртеççĕ. Çав демонстрацисене хăваласа салатас, çавăн пекех Иорданин демонстрацисене хутшăннă патриочĕсене арестлес ĕçе Англи генералĕ Глабб (Араб легионĕн командующийĕ) ертсе пынă.

## Совет Союзĕпе Югослави хушшинчи экономикăлла çыхăнусем çинчен

Белградра пулса иртнĕ калаçусем вĕçленнĕ хыççăн СССР правительствипе Федеративнăй Югослави Халăх Республикин правительстви килĕшӳ тунă. Килĕшӳре Федеративнăй Югослави Халăх Республикинче промышленность предприятийĕсем тăвас тĕлĕшпе Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕпе Федеративнăй Югослави Халăх Республики пĕр-пĕрипе тачă çыхăнса ĕçлесси çинчен каланă.

Пĕр-пĕрин хушшинчи экономикăлла çыхăнусене малалла вăйлатас шутпа, Совет Союзĕпе Югослави 1955 çулхи сентябрĕн 1-мĕшĕнче Мускавра алă пуснă Протокола шута илсе, Килĕшӳре Федеративнăй Югослави Халăх Республикинче çулталăкра 100 пин тонна аммиак туса кăларакан, аммиакран известлĕ-аммиаклă селитра туса хатĕрлекен азотно-туковăй завод, çулталăкра 250 пин тонна суперфосфат тата 120 пин тонна кӳкĕрт кислоти туса кăларакан суперфосфат завочĕ лартас, 100 пин киловатт хăватлă теплоэлектростанци тăвас, виçĕ руднике пысăклатса реконструкцилес тĕлĕшпе пĕр-пĕрипе тачă çыхăнса ĕçлеме палăртнă.

Çак Килĕшӳ тăрăх Совет Союзĕн организацийĕсем 1956—1959 çулсенче проектсем туса хатĕрлеççĕ, предприятисем тума кирлĕ оборудовани тата хăшпĕр материалсем тăратаççĕ, консультацисем пама, машинăсем вырнаçтарса лартассине, малалла асăннă предприятисене йĕркелесе ĕçе ярассине ертсе пыма совет специалисчĕсене командировкăна яраççĕ, çĕнĕрен тăвакан çак предприятисенче тивĕçлĕ продукци туса кăларассине организацилеме кирлĕ лицензисем тата техникăлла документсем тӳлевсĕрех параççĕ.

Проектсем туса хатĕрленĕшĕн, оборудованишĕн тата материалсемшĕн тӳлеме СССР правительстви Федеративнăй Югослави Халăх Республикин правительствине çулталăкра уншăн 2 процент илсе тăмалли йĕркепе 10 çуллăха кивçен укçа парать.

Килĕшӳре кăтартнă предприятисем валли специалистсемпе рабочисем вĕрентсе хатĕрлес шутпа Совет Союзĕн организацийĕсем Югослави гражданĕсене ССР Союзĕнчи предприятисенче вĕрентме йышăнаççĕ.

Калаçусене совет специалисчĕсемпе Югослави специалисчĕсем хутшăннă.

Килĕшӳ çине çаксем алă пуснă: СССР Правительстви хушнипе—Экономикăлла çыхăнусем тĕлĕшпе ĕçлекен Главнăй управлени начальникĕн заместителĕ Н. А. Смелов, Федеративнăй Югослави Халăх Республикин Правительстви хушнипе — Ют çĕршыв ĕçĕсен Государство секретарĕн заместителĕ Хасан Бркич.

Хулари тата республикăри экрансем çинче
çĕнĕ илемлĕ фильм



„ПЕДАГОГИЧЕСКАЯ ПОЭМА"

кăтартма пуçлаççĕ.
(А. Макаренко произведенийĕ тăрăх ӳкернĕ).

Сценарисчĕсем И. Маневич, А. Маслюков.
Режиссерĕ А. Бочаров.
Композиторĕ А. Свечников.
Консультанчĕ Г. Макаренко.

РОЛЬСЕНЧЕ ÇАКСЕМ ВЫЛЯÇÇĔ:
В. Емельянов (А. С. Макаренко), П. Кадочников (А. М. Горький), Е. Лицканович, К. Михайлов, М. Покотило, Н. Крачковская, Г. Юматов, Ю. Паныч, П. Грубник т. ыт. те.

Киеври художествăлла фильмсен киностуди 1955 çулта туса кăларнă.

ШУПАШКАРТИ
строительсем хатĕрлекен 4-мĕш номерлĕ шкул
1956 вĕренӳ çулне вĕренме илесси çинчен
ПĔЛТЕРЕТ

Строительсем хатĕрлекен шкула 16—17 çула çитнĕ арçын ачасемпе 16—18 çула çитнĕ хĕрачасене илеççĕ. Шкул платник-опалубщиксем, каменщиксем, кăмака тăвакансем, штукатур-фасадчиксем, слесарь-сантехниксем, бетонщик-монтажниксем пулма вĕрентсе хатĕрлет. Шкулта 10 уйăх вĕренмелле.

Вĕренекенсене укçасăр тăрантарса усраççĕ, çи-пуç параççĕ тата общежитие вырнаçтараççĕ. Занятисем 1956 çулхи февралĕн 6-мĕшĕнче пуçланаççĕ.

Заявленисене директор ячĕпе 1956 çулхи январĕн 25-мĕшĕччен памалла. Вĕсемпе пĕрле çакăн пек документсем пулмалла: а) автобиографи; б) çурални çинчен ĕнентерекен свидетельство; в) вĕренни çинчен ĕнентерекен свидетельство; г) ăста пурăнни çинчен справка тата икĕ фотокарточка.

Заявлени панă çамрăксен хăйсемпе пĕрле паспортсем илсе килмелле, январĕн 20—25-мĕшĕсенче сывлăха тĕрĕслеттермелле.

Шкул адресĕ: Шупашкар хули, строительсем хатĕрлекен 4-мĕш №-лĕ шкул (аэродром пулнă вырăнта).

ДИРЕКЦИ.

ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ январĕн 15—16-мĕшĕсенче вырăсла спектакль «Люська». Январĕн 17-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Любовь Ани Березко». Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

Часах чăвашла çĕнĕ спектакль «Мещенсем» кăтартма пуçлаççĕ.

КИНО

«РОДИНА». Январĕн 15-мĕшĕнче кăнтăрлахи тата каçхи сеанссенче çĕнĕ илемлĕ кинокомеди «Максим Перепелица» кăтартаççĕ.

Январĕн 16-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Максим Перепелица», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Польшăра кăларнă çĕнĕ илемлĕ киноповесть «Часы надежды» кăтартаççĕ.

Чăваш АССР Прокуратура работникĕсен коллективĕ Чăваш АССР прокурорĕн помощникĕ
Николай Кузьмич
КУЗЬМИН
январĕн 13-мĕшĕнче йывăр чир хыççăн вилсе кайни çинчен унăн çемйине тата тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерет.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00022 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.